ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Июль 26 ВЫРСАРНИКУН № 145 (9054) 36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

**Совет халăхĕ çар морякĕсемпе суднăсем тăвакан промышленность работникĕсене СССР Тинĕс-Çар Флотне малалла тĕреклетес тĕлĕшпе çĕнĕ çитĕнӳсем тума ыра сунать.**

**Сывă пултăр совет Тинĕс-Çар Флочĕ!**

**Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ—пирĕн çĕнтерӳсене хавхалантаракан̆ тата организацилекенĕ!**

## СССР Тинĕс-Çар Флочĕшĕн пĕтĕм халăх тăрăшать

Паян совет халăхĕ тата унăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем СССР Тинĕс-Çар Флот Кунне уявлаççĕ.

Коммунистсен партийĕ ертсе пыракан совет халăхĕ кăçал Тинĕс-Çар Флот Кунне ĕçре пысăк çитĕнӳсем тунипе кĕтсе илчĕ. КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçласа, пирĕн çĕршыври рабочисем, колхозниксем тата интеллигенци коммунизм строительствинче çĕнтерӳ хыççăн çĕнтерӳ тăваççĕ. Коммунизм строительствин мĕнпур облаçĕсенче тăвакан çитĕнӳсем социализм капитализмран пите малта тăнине çĕнĕрен уçăмлăн çирĕплетсе параççĕ.

Совет Союзĕнче тата халăх демократи çĕршывĕсенче халăх хуçалăхĕ, культурăпа наука пĕрмай аталанса пыраççĕ, ĕççыннисен пурнăçĕ лайăхланнăçемĕн лайăхланать. Капитализмла çĕршывсенче вара ĕççĕрлĕх, чухăнлăх, выçлăх ӳсет, капитализм системин пĕтĕмĕшле кризисĕ тарăнланать. Империализмла государствăсене ертсе пыракан ушкăнсем халăхсене çĕнĕ тĕнче вăрçин юнлă вучахне тĕртсе кĕртме тапаçланаççĕ.

Коммунизм строительствине вăйлатса пынă вăхăтрах, совет халăхĕ империалистсен вăрă-хурахла ĕçĕсене тăрă шыв çине кăларса тимлĕн сăнаса тăрать. Совет çыннисем хăйсен юратнă Тăван çĕршывĕн хăватне пĕтĕм хастарлăхпа тĕреклетеççĕ. Пирĕн халăхăн мирлĕ ĕçне тата государство интересĕсене Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕ сыхласа тăраççĕ.

Совет Союзĕ—тинĕссем тĕлĕшĕнчен асла держава. Пирĕн государство чиккисем виçĕ пайĕнчен икĕ пайĕ ытла тинĕссемпе юханшывсем тăрăх выртаççĕ. СССР çыранĕсем вунтăватă тинĕс шывĕпе çыхăнса тăраççĕ. Пирĕн çĕршыв чиккисем виçĕ океан—Сурçĕрти Пăрлă, Атлантика тата Лăпкă океансем патне тухаççĕ.

Совет Союзĕн Тинĕс-Çар Флочĕн мухтавлă историйĕ, унăн çĕнтерĕвĕсемпе ӳсĕмĕсем Коммунистсен партийĕ, партин гениллĕ сулпуçĕсем В. И. Ленинпа И. В. Сталин туса ирттернĕ питĕ пысăк организацилле ĕçпе уйрăлми çыхăннă. Партипе правительство тата пĕтĕм совет халăхĕ тĕтĕшах тăрăшнипе пула пирĕн Тинĕс-Çар Флочĕ тăшмансемшĕн хăрушă вăй пулса тăчĕ. Вăл Тăван çĕршыва шанчăклăн хуралласть.

Совет çыннисем хăйсен Хĕçпăшаллă Вăйĕсемпе савăнаççĕ, хăйсен çарне тата флотне хĕрӳллĕн пулăшаççĕ. Совет Çарĕпе Тинĕс-Çар Флочĕшĕн Коммунистсен партийĕ, Совет правительстви, халăх питĕ тимлĕн тăрăшни çара, авиацие тата флота пулăшма ирĕклĕ общество—ДОСААФ тунинчен те питĕ уçăмлăн курăнать. Çак ирĕклĕ общество ĕçне çĕршер пин совет çыннисем хутшăнаççĕ. Ку вăл ĕççыннисем пирĕн Хĕçпăшаллă Вăйсен хăватне тĕреклетме патриотла тăрăшнине кăтартса парать. Ирĕклĕ общество членĕсем çарпа авиаци ĕçне вĕреннипе пĕрлех тинĕс-çар ĕçне те алла илеççĕ.

ДОСААФ обществин ĕçĕ совет çыннисемшĕн сывăх, ăна вĕсем лайăх ăнланаççĕ. Савăнпа та обществăра членсен шучĕ хутшăнсах пырать. Çак обществăн предприятисенчи, колхозсемпе машина-трактор станцийĕсенчи, учрежденисемпе шкулсенчи пуçламăш организацийĕсен хисепĕ куллен-кун ӳсет.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ДОСААФ организацийĕсене ăнăçлă ĕçлеме, вăл шутрах тинĕс-çар тата шыв спортне анлăн аталантарма лайăх майсем туса панă. Пирĕн республикăра та тинĕс ĕçне вĕренмелли клуб пур, вĕренӳ групписем, кружоксемпе командăсем организациленĕ, шыв станцисем тунă, тинĕс тата шыв спорчĕ валли тĕрлĕ инвентарь чылай туяннă. ДОСААФ обществин хуласемпе районсенчи организацийĕсенчен нумайăшĕ çав паха майсемпе пĕлсе усă кураççĕ, вĕренӳпе спорт ĕçне йĕркелеççĕ. Тинĕс-çар тата шыв спорчĕ вăйланса пырать. Çĕршер çамрăксем спорт командисенче тăраççĕ, вĕсем ăмăртусене активлă хутшăнаççĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене пурнăçласа, ДОСААФ-ăн республикăри районсемпе хуласенчи организацийĕсем, партин вырăнти органĕсем ертсе пынипе, хăйсен практикăлла ĕçне лайăхлатрĕç. КПСС Йĕпреç райкомĕн паха ĕçне палăртас пулать. Вăл ДОСААФ оргкомитетне пулăшнипе кăçал районта обществăн пуçламăш организацийĕсене чылай çĕрте çĕнĕрен тунă. Пĕтĕм республикипе илсен, юлашки çулсем хушшинче кăна общество членне 12 пин çын ытла илнĕ.

Анчах та ДОСААФ организацийĕсем пур çĕрте те кирлĕ пек ĕçлемеççĕ-ха. Вĕсен руководителĕсем чылай чухне пирĕн халăхăн патриотла туйăм-кăмăлне шута илмеççĕ, тинĕс-çар ĕçне вĕрентес тĕлĕшпе начар тăрăшаççĕ. Сăмахран, обществăн Етĕрне районĕнчи оргкомитечĕ пачах çителĕксĕр ĕçлет. Кунта шыв спортне вăйлатма, тинĕс-çар пĕлĕвне пропагандăлама условисем лайăх. ДОСААФ членĕсем вĕренесшĕн. Апла пулин те çар ĕçне массăллăн вĕренессине йĕркелесе яма тăрăшмаççĕ. Вăрнар районĕнчи уйрăм предприятисенче, колхозсенче тата учрежденисенче ирĕклĕ обществăн пуçламăш организацийĕсене халĕ те туман. КПСС Вăрнар райкомĕ ДОСААФ ĕçне кирлĕ пек хакламасть.

Ирĕклĕ общество организацийĕсен ĕçне парти органĕсем ертсе пыраççĕ. Вĕсене ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсем, *комсомол, профсоюз, предприяти*, МТС, учреждени руководителĕсем, колхоз правленийĕсем, совет общественноçĕ тимлĕн пулăшаççĕ. Обществăн мĕнпур организацийĕсен тивĕçĕ çав условисемпе туллин усă курса, хăйсен практикăлла ĕçне малалла лайăхлатса пырасси пулать.

ДОСААФ умĕнче ответлă задача тăрать: унăн речĕсене малалла ӳстерсе пымалла; çара, авиацие тата флота пулăшакан ирĕклĕ общество ретне çĕнĕрен пиншер ĕççыннисене члена илмелле, вĕсене вĕренӳпе спорт ĕçне тăтăшах хутшăнтармалла. Кашни предприятире, кашни колхозпа машина-трактор станцинче, кашни учрежденипе вĕренӳ заведенийĕнче ДОСААФ пуçламăш организацийĕсем пулччăр, ĕççыннисен анлă массисем çар ĕçне вĕренме пултарччăр, вĕсем спорт ăсталăхне ӳстерсе пыччăр. Çар ĕçне пулăшакан спорт пирĕн çамрăксене дисциплинăллă, тимлĕхлĕ, хăюллă пулма хăнăхтарать. Çаксем вĕсем Тăван çĕршыва сыхлакансене питех те кирлĕ.

Ку пысăк та ответлă задачăна ăнăçлă пурнăçласа пырас тесен, ДОСААФ организацийĕсен ĕçне партин вырăнти органĕсем куллен-кун тĕрĕслесе тăма тивĕç, обществăна комсомол, профсоюз организацийĕсен, предприятисемпе учреждени, вĕренӳ заведенийĕсемпе колхоз руководителĕсен пĕрмаях пулăшса тăмалла.

Совет çыннисем миршĕн тăраççĕ, мир ĕçне хӳтĕлеççĕ. Вĕсем мирлĕ ĕçе юратаççĕ тата ăна хаклама пĕлеççĕ. Паллă ĕнтĕ, ку вăл пĕрре те Тăван çĕршыв сыхăлăхне вăйсăрлатмаллине пĕлтермест. Коммунистсен партийĕ, Совет правительстви, пирĕн пĕтĕм халăх социализмла государствăн оборона хăватне, кирек мĕнле агрессора та, вăл пирĕн Тăван çĕршывăн таса чиккисене пăсма хăять пулсан, тĕпĕ-йĕрĕпех çапса аркатма совет çыннисен пултарулăхне пĕрмаях ӳстерсе пыраççĕ. Çакна вĕсем питĕ кирлĕ тивĕç тесе шутлаççĕ.

Çар специальноçĕсене тата та тимлĕрех вĕренесси, çар ĕçне пулăшакан спорта аталантарса лайăхлатса пырасси, пирĕн паттăр Тинĕс-Çар Флочĕн хăватне тĕреклетсе пыма пулăшасси, социализмла Тăван çĕршыва сыхлама яланах хатĕр тăрасси—совет çыннисен патриотла тивĕçĕ.

## ССР Союзĕн Оборона Министрĕн

## ПРИКАЗĔ

**1953 çулхи июлĕн 26-мĕшĕ. №56. Мускав хули.**

Юлташсем—матроссемпе салтаксем, старшинасемпе сержантсем!

Юлташсем—офицерсем, адмиралсемпе генералсем!

Паян совет халăхĕпе унăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем Тинĕс-Çар Флот Кунне уявлаççĕ.

Сире Тинĕс-Çар Флот Кунĕ ячĕпе ыра сунса саламлатăп, çар морякĕсемпе суднăсем тăвакан промышленность работникĕсене Совет государствин Тинĕс-Çар Флотне малалла тĕреклетес тата вĕсен çапăçу пултарулăхне ӳстерес ĕçре çĕнĕ çитĕнӳсем тума ыра сунатăп.

ССР Союзĕн Тинĕс-Çар Флот Кунне паллă туса—приказ паратăп:

Паян, 1953 çулхи июлĕн 26-мĕшĕнче, флотсенче тата флотилисенче çар карапĕсем çинчи тата çырансенчи батарейăсенчи тупăсемпе çирĕмшер хут пĕр харăс персе салют памалла.

Сывă пултăр совет Тинĕс-Çар Флочĕ!

Сывă пулччăр Совет халăхĕпе унăн мухтавлă Хĕçпăшаллă Вăйĕсем!

Сывă пултăр Совет Правительстви!

Сывă пултăр Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ!

*ССР Союзĕн Оборона Министрĕ*

*Совет Союзĕн Маршалĕ Н. А. БУЛГАНИН.*

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

## Колхоз—миллионер

ПЕТРОПАВЛОВСК-КАМЧАТСКИЙ, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Гижига губи хĕрринче Пенжино районĕнчи «Путь севера» ятлă пысăк колхозăн çурчĕсем лараççĕ. Ку артельти колхозниксем ăста пулăçăсем пулнипе чапа тухнă. Кăçал кăна вĕсем государствăна 70 пин пăт ытла пулă тытса панă, çулталăкри плана ирттерсе тултарнă.

Артель экономикинче пăлан ĕрчетесси пысăк вырăн йышăнать. Колхозăн тундрăра çӳрекен кĕтĕвĕнче 7.000 пăлана яхăн. Уй-хирте тырпул акса тăвасси те çултан-çул вăйланса пырать. Çурçĕрте сантăлăк условийĕсем йывăр пулсан та, колхозниксем çав условисенчех пысăк тухăçлă тĕштырă, пахча çимĕç тата çĕрулми туса илме вĕренсе çитнĕ.

Обществăлла хуçалăх вăйланса пырать. Çурçĕрти колхоз ытларах та ытларах тупăш илет. Кăçалхи ултă уйăхра колхоз миллион тенкĕ ытла тупăш илнĕ.

Ытти артельсенчи колхозниксем те обществăлла пуянлăха нумайлатма хытă тăрăшаççĕ. Пенжино районĕнчи кашни икĕ колхозран пĕри—миллионер.

## *Хивари предприятисенче*

ХИВА (Узбек ССР-ĕ). (ТАСС). Хиварри çĕр мамăкĕ тасатакан заводри оборудование тĕпрен юсас ĕçе срокчен туса пĕтерне. Юсанă чухне предприятин тĕп агрегачĕсем çумне çĕнĕ хатĕрсем хушнă, вĕсем хатĕрленĕ мамăк çӳпĕленессине 7—10 процент чакарма май параççĕ. Çĕнĕрен дизель установки лартса ĕçе янă.

Кăçалхи çĕр мамăкĕн вăрлăхне йышăнма хатĕрленес тĕлĕшпе Хивари çу заводĕнче пысăк ĕççем тăваççĕ. Кунта çĕнĕ электричество оборудованийĕ вырнаçтарса лартаççĕ, иккĕмĕш сепаратор тăваççĕ, прессен хăватне ӳстереççĕ. Çак ĕçсене туни çу çапассине 25—30 процента яхăн ӳстерет.

## Государствăна—тырă

ТИХОРЕЦК (Краснодар крайĕ), июлĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Кубаньри тĕштырă акса тăвакан пысăк районсенчен пĕри—Тихорецк районĕ паян, срок çитиччченех тырпул хатĕрлемелли плана тултарнă. Пĕлтĕрхипе танлаштарсан, государствăна 750 пин пăт ытларах тырă панă. Тихорецкри тĕштырă совхозĕ вăйлă тырпул туса илнĕ: кашни гектартан вăтам шутпа 21 центнер тырă тухнă. Планран ирттерсе совхоз 125 пин пăт тырă панă.

## СССР Тинĕс-Çар Флот Кунĕ ячĕпе

Паян—СССР Тинĕс-Çар Флот Кунĕ. Совет халăхĕпе унăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем çак праçнике чаплă уявлаççĕ. Хуласемпе ялсенче, çар чаçĕсенче тата çар карапĕсем çинче Тинĕс-Çар Флочĕн историйĕ çинчен, çар морякĕсем Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче паттăр çапăçни çинчен, çар морякĕсем тинĕс-çар ĕçне мĕнле вĕренни çинчен докладсем, лекцисем тата калаçусем ирттереççĕ.

Матроссен клубĕсенче, офицерсен çурчĕсенче кинофестивальсем организациленĕ. Библиотекăсенче, клубсенче, культура çурчĕсенче кĕнеке выставкисем, фотовитринăсем тунă.

Çак кунсенче ДОСААФ-ăн Мускаври, Ленинградри, Куйбышеври, Ворошиловградри, Красноярскри, Молотоври, Воронежри тата ытти хуласенчи пуçламăш организацийĕсен çĕршер командисем тинĕссемпе юханшывсем тăрăх шлюпкăсемпе нумай кунлăха похода тухса кайнă. ДОСААФ членĕсенчен вуншар пин çын тинĕс ĕçĕ енĕпе пулакан спорт ăмăртăвĕсене, шывра ишмелли, шывра мечкĕпе вылямалли тата шыва сикмелли ăмăртусене хутшăнаççĕ.

Çак уява Мускаври ĕççыннисемпе столица гарнизонĕнчи воинсем тивĕçлĕн кĕтсе илнĕ. Сталин ячĕпе тăракан автозаводра, «Серп и молот» заводра, Каганович ячĕпе тăракан подшипниксем тăвакан 1-мĕш заводра тата ытти предприятисенче докладсемпе калаçусем ирттереççĕ.

СССР Оборона министерствин çар издательстви тата государствăн изобразительнăй искусство издательстви илемлĕ плакатсем чылай пичетлесе кăларнă.

РИГА. «ВЭФ», «Старс», завочĕсенче, А. С. Попов ячĕпе тăракан заводра тата ытти предприятисенче Тинĕс-çар Флот Кунĕ çинчен лекцисемпе докладсем ирттереççĕ. Нумай предприятисенче праçник ячĕпе фотовитринăсем организациленĕ.

Ригăра, Лепайăра тата Литвари ытти хуласенче уяв кунĕнче тинĕс çинче ирĕс енĕпе ăмăртусем пулаççĕ.

(ТАСС).

## Каховка тинĕсĕн çыранĕ пулмалли вырăнта

НИКОПОЛЬ, июлĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Лапинка ялĕн урамĕсенче саксем ешереççĕ. Урамсенче халĕ шав тăрать. Вăрман турттаракан автомашинăсем, груза автоматпа тиесе пушатакан машинăсем пĕрмаях çӳреççĕ. Трактор моторĕсем кĕрлени, коперсем хытă çапни кунĕн-çĕрĕн илтĕнет. Унта Никополĕн юханшыв портне тăваççĕ.

Кунтан Днепра çитиччен 7 километр. Анчах Лапинка ялĕ Каховка тинĕсĕн çыранĕнче пулас вăхăт нумай юлмарĕ. Тинĕс çыранĕ пулмалли чăнкă вырăнсене гранитпа çирĕплетеççĕ. Строительство площадкинче халĕ экскаваторсем, бульдозерсем, скреперсем ĕçлеççĕ. Строительствăн çак площадки пысăк водохранилищĕн тĕпĕ пулать.

Днепр çинче çĕнĕ порт тăвакансем пĕтĕм вăя хурса ĕçлеççĕ. Бульдозер водителĕ М. Кокарев коммунист, Н. Михайловпа Н. Науменко скреперистсем тата ытти механизаторсем ĕç нормине пĕр хут çурă ирттерсе тултараççĕ. Пăрахутсем тăмалли вырăн пулас çĕрте тимĕр юпасенчен хӳме тăвасси графикпа палăртнинчен хăвăртрах пулса пырать.

Порт тунă çĕрте çĕнĕ тапхăр пуçланнă. Унта çĕр чавса купалакан снаряд лартнă. Унпа дамба пулмалли вырăна çĕр купаламалла. Шыв çинчи çĕр чавса купалакан машинăна Атăлпа Дон хушшинчи В. И. Ленин ячĕпе тăракан канал çинчен илсе пынă.

## „Куйбышевгидрострой“ валли—хăватлă крансем

ЛЕНИНГРАД, июлĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). С. М. Киров ячĕпе тăракан завод коллективĕ икĕ çĕнĕ кран туса хатĕрленĕ. Çак крансенчен кашни пĕр харăс 10 тонна çĕклеме пултарать. Ку агрегатсемпе «Куйбышевгидростройри» ĕçсене механизацилеççĕ.

Крансен конструкцийĕсене чылай улăштарнă. Çавна пула çĕнĕ агрегатсен ĕç тухăçлăхĕ 60 процент ӳсет.

## Азербайджанра ялхуçалăх хаçачĕ тухма пуçланă

БАКУ, июлĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Паян кунта «Азербайджан кенд тессарруфаты» («Азербайджан ялхуçалăхĕ») ятлă хаçатăн — Азербайджан ССР-ĕн Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин органĕн—пĕрремĕш номерĕ тухнă.

Хаçат эрнере виçĕ хут азербайджанла тухать.

## Истори музейĕнчи çĕнĕ залсем

Государствăн Мускаври истори музейĕнче июлĕн 24-мĕшĕнче 5 çĕнĕ зал уçăлнă. Çав залсем пирĕн Тăван çĕршывăн IX—XV-мĕш ĕмĕрчченхи историйĕпе паллаштараççĕ.

Залсенче 5 пин ытла экспонат. Авалхи ĕç хатĕрĕсем, йăлара тыткалана япаласем, ремесленниксем тунă япаласем, авалхи алăпа çырнă кĕнекесем, укçасем, хĕçпăшалсем тата ытти япаласем нумай. Ку япаласем вырăссен авалхи государствинче хĕвелтухăçĕнчи славянсен йăхĕсен тата ытти халăхсен культури çӳлĕ шайра тăнине кăтартса параççĕ.

Киев, Новгород хулисенчи, Новгород çĕрĕсенчи тата Владимирпа Суздаль çĕрĕсенчи авалхи пурнăçпа, авалхи Русри культурăпа паллаштаракан çĕнĕ залсем тунă.

Витринăсемпе стендсем çинче авалхи ĕмĕрсен чăн-чăн памятникĕсем нумай, Витĕр курăнакан коробкăсенче нумай вăхăт усраннипе хуралса кайнă ыраш, кантăр, вир, тулă, пăрçа пĕрчисем, çунса хуралнă çăкăр таткисем, çĕр айĕнче пин çул ытла выртнăскерсем, пур. Çаксенчен Авалхи Русре çĕрĕçĕ анлă сарăлни уççăнах курăнать.

Новгородра пуранна çынсем йывăçран водопровод бассейнĕ тунă пулнă. Шыв илсе пымалли бассейн уйрăмах питĕ интереслĕ.

Зал варринче вырăс халăхĕн X—XIII-мĕш ĕмĕрсенчи культурине кăтартакан паха памятник — Мстислав евангелийĕ алăпа çырнă кĕнеки пур. Ку кĕнекене Владимир Мономах ывăлĕ Мстислав князь хушнипе Алекса Лазаревич мастер 1103-мĕшпе 1117-мĕш çулсем хушшинче çырнă.

Авалхи Русри алăпа туса илемлетнĕ япаласем хитре. Вĕсем—форми тĕлĕшĕнчен тем тĕрлĕ тата содержани енчен пуян. Вырăс мастерсем, металран, шăмăран, чулран, йывăçран художество енчен илемлĕ япаласем тунă.

Йывăçран тунă пысăк макет—Андрей Боголюбский княçăн (XII-мĕш ĕмĕр) дворецĕсен ансамблейин пĕр пайĕ. Çак макет умĕнче курма пыракансем чарăнса тăраççĕ. Ку макета Боголюбовра (Владимир хули патĕнче) çĕре чавса пухнă наукăлла сведенисем тăрăх тата соборăн халиччен усранă пайне курса тунă. Çак архитектурăн пĕртен-пĕр тĕслĕхĕ тата памятник вăл—ун чухнехи гражданла вырăссен авалхи çурт-йĕр мастерĕсем тунă чи чаплă çурт.

Истори музейĕн çĕнĕ залĕсем пирĕн Тăван çĕршывăн историне вĕренме нумай пулăшаççĕ. (ТАСС).

### Республикăри хуласемпе район центрĕсенче

## ÇĔНЕЛНĔ МУРКАШ

1944-мĕш çултанпа Муркаш—район центрĕ. Çак тăхăр çул хушшинче ялăн сăн-сăпачĕ хăвăрт тата палламалла мар улшăнса çĕнелчĕ.

Юлашки çулсенче кăна аптекăн, чăх чĕпписем кăларакан инкубатор станцийĕн, çу завочĕн, ача сачĕн тата пекарня çурчĕсене тунă. Кăçал райсовет исполкомĕн икĕ хутлă çуртне туса пĕтерне. Райпотребсоюз чайнăй валли пысăк та илемлĕ çурт тата икĕ хваттерлĕ пурăнмалли çурт турĕ. Район центрĕнчи рабочисемпе служащисен вуншар çемйисене çĕнĕрен тунă лайăх хваттерсене вырнаçтарнă. Кунта халĕ культура çурчĕ тума тытăннă.

Муркашра МТС пур. Икĕ çул каялла шоссе хĕрринче нимĕн те пулман. Халĕ кунта çĕнĕ урам ӳссе ларчĕ. Вуншар çурт çĕнĕрен тунă. Строительство ĕçĕ кунта хĕлĕн-çăвĕн пĕр чарăнмасăр пырать. Кĕçех пысăк тата механизациленĕ мастерской ĕçе каять. Машина-трактор станцийĕ çĕнĕ те хăватлă техникăпа хăвăрт пуянланса пырать. Кунта ДТ-54 маркăллă тракторсем, самоходнăй комбайнсем, МК-1100 маркăллă молотилкăсем, трактортан кăкарса ĕçлемелли плугсем, сеялкăсем, кантăр çапмалли тата ытти йышши машинăсем нумай илсе килнĕ. МТС çав пуян техникăпа районти колхозсене вăйлăн пулăшать. Халĕ пĕтĕм ялхуçалăх ĕçĕсен 80 процентне МТС машинисемпе тăваççĕ.

Пĕлтĕр МТС коллективĕ ялхуçалăх ĕçĕсене ăнăçлă туса ирттернĕшĕн тата строительство планне ирттерсе тултарнăшăн Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствипе профсоюз обкомĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне илме тивĕçлĕ пулчĕ. Кăçал МТС коллективĕ тырпул пухса кĕртес, государствăна тырă парас ĕçсене пĕлтĕрхинчен лайăхрах туса ирттерессишĕн çĕнĕ вăйпа кĕрешет.

Район центрĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз та çĕнĕ çурт-йĕрсемпе пуянлансах пырать. Строительство бригадинче 63 колхозник ĕçлет. Пĕлтĕр вĕсем обществăлла çуртсем 17 турĕç. Кăçал бригада татах лашасем, сыснӑсем, сурăхсем, ĕнесем валли стандартлă витесем, тырă складĕ, пилĕк автомашина лартмалли гараж тата ытти çуртсем турĕ. Колхоз тырпул акса тăвас, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе районта мала тухрĕ. Унăн хăйĕн электростанци пур, техника та нумай. Кăçал кăна икĕ автомашина туяннă. Колхозниксем пуян та культурăллă пурăнаççĕ. Вĕсен килĕнче радио тата электричество пур. Халĕ кунта ĕлĕкхи асаплă пурнăç асра та çук.

Муркашра промкомбинат, çу завочĕ, промысла артелĕсен цехĕсем ĕçлеççĕ. Промышленность предприятийĕсем ĕççыннисене куллен кирлĕ таварсем çулсерен ытларах туса кăлараççĕ, таварсен ассортиментне нумайлатаççĕ, пахалăхне аванлатаççĕ. Кăçал чăх чĕпписем кăларакан инкубатор станцийĕ районти колхозсене 80 пин ытла чĕпĕ кăларса пачĕ.

Район центрĕнче халĕ магазинсемпе лавккасем ултă. Нумаях пулмасть ялта йӳнетнĕ таварсен магазинĕ ĕçлеме пуçларĕ. Çитес кунсенчех МТС территоринче çĕнĕ магазин уçăлать. Колхозлă ял çыннисем пусма таварсем, велосипедсем, мотоциклсем, культура таварĕсем нумай туянаççĕ. Райпотребсоюз кăçалхи çур çулхи плана 107,2 процент тултарчĕ.

Вăтам шкулта 467 ача вĕренет, 26 учитель ĕçлет. Кунтан кашни çулах 50—60 ача вĕренсе тухать. Вăтам пĕлӳ илнĕ çамрăксем нумайăшĕ Совет Союзĕнчи аслă шкулсене вĕренме каяççĕ. Çак шкултанах Совет Союзĕн Геройĕсем А. Воробьев тата И. Мешаков юлташсем вĕренсе тухнă.

Район центрĕнче больница ĕçлет. Стационарта койкăсен хисепĕ ӳссех пырать. Больница коллективĕ халăх сывлăхне упрассишĕн тăрăшса ĕçлет. Вĕсене ĕççыннисем хисеплеççĕ. Вырăнти Советсен иртнĕ суйлавĕнче Ю. Герасимова врача район Совечĕн депутатне суйларĕç. Район центрĕнче ветеринари лечебници те пур.

Революцичченхи Муркашра культурăпа çутĕç учрежденийĕсем пачах пулман пулсан, паян кунта колхоз клубĕ, киностационар, халăх пултарулăхĕн кружокĕсем, кĕнеке магазинĕ, виçĕ библиотека ĕçлеççĕ. Кăçал ачасен библиотекине уçнă. Район центрне тата сывăхри Сталин ячĕпе, Ворошилов ячĕпе тăракан, «Сталинец» тата «Свобода» колхозсене радиофикациленĕ.

Район центрĕ тăвиччен кунта телефон пулман. Паянхи Муркашра 83 телефон аппарачĕ ĕçлет. Районти ял Совечĕсем пурте тата 11 колхоз Муркашпа телефон тăрăх çыхăнса тăраççĕ.

Ĕлĕкхи ялта тухсакĕме майлă çул та пулман. Халĕ Шупашкара, Сĕнтĕре тата Элĕке шоссе çулĕсем каяççĕ. Кăçал район центрĕнчи çулсене йăлтах чул сарса лайăхлатнă.

Илемлĕ вырăнта, ешĕл тумпа витĕнсе ларать Муркаш. Партипе правительство халăх ырлăхĕшĕн куллен тăрăшнипе пула, вăл çулсеренех аванланса, экономикăпа культура тĕлĕшĕнчен пуянланса пырать.

Т. ЛОГИНОВ,
КПСС Муркаш райкомĕн секретарĕ.



УКЕРЧЕКСЕМ ÇИНЧЕ: Муркаш. Сылтăм енче — МТС работникĕсем пурăнакан çуртсем. Сулахай енче—райисполком çурчĕ.

А. КОСТИН фотоӳкерчĕкĕ.

# Паян—СССР Тинĕс-Çар Флот Кунĕ

## ССР Союзĕн тинĕс чиккисене сыхлакан пысăк вăй

Паян совет халăхĕ Тинĕс-Çар Флот кунне палăртать. Çак кун ССР Союзĕнчи ĕçсыннисем çар морякĕсене уйрăмах ăшшăн юратса аса илеççĕ, моряксем Совет Çарĕ воинĕсемпе пĕрле пирĕн мирлĕ те пултаруллă ĕçе, Тăван çĕршывăн государство интересĕсене тимлĕн сыхлаççĕ.

КПСС XIX-мĕш съезчĕ партие тата халăха коммунизм патне пымалли уçăмлă программăпа хĕçпăшаллантарчĕ. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет çыннисем çав аслă задачăна пурнăçлассишĕн хавхаланса ĕçлеççĕ, çĕнтерӳ хыççăн çĕнтерӳ тăваççĕ.

Пирĕн халăх хăйĕн флотне тĕреклетессишĕн ырми-канми тăрăшать, ун валли чи лайăх карапсем тăвать, флота ку чухнехи çĕнĕ техникăпа хĕçпăшаллантарать. Çавăн пек тăрăшни çине СССР Тинĕс-Çар Флочĕн воинĕсем совеçлĕ Тăван çĕршыва вĕçĕ-хĕррисĕр парăнса тăнипе ответлеççĕ, йĕлана кĕнĕ халăх уявĕнче çĕршыва çар ĕçĕнчи тата политика вĕренĕвĕнчи çĕнĕ çитĕнӳсем çинчен, воин тивĕçне пурнăçлани çинчен рапорт пăраççĕ, социализмла аслă Тăван çĕршывăн тинĕс чиккисене никам пăсмалла мар çирĕп сыхласа тăни çинчен пĕлтереççĕ.

Совет Союзĕн тинĕс чиккийĕсем 47 пин километртан та ытларах, çакăн пек вăрăм тинĕс чиккиллĕ государство тĕнчере урăх çук. Пирĕн çĕршыв çыранĕсене 14 тинĕс хупăрласа тăрать. Вăл виçĕ океан—Атлантика, Çурçĕрти Пăрлă тата Лăпкă океансем патне тухать.

Пирĕн халăх интересĕсем тахçантанпах тинĕспе питĕ тачă çыхăнса тăраççĕ. Вырăссем тахçан ĕлĕк-авалтанпах, ытти çĕршывсенчи тинĕс çӳревçисенчен нумай малтан тинĕссенче хăюллăн çӳренĕ, паллă мар çĕрсене уçнă, тинĕссенче наукăшăн кирлĕ ĕçсем туса иртнĕ. Поярков, Стадухин, Дежнев, Атласов, Козыревский, Чириков, Лаптевсем, Седов т. ыт. те тинĕссем çинче малтан çĕнĕ япаласем уçни наукăра питĕ пысăк вырăн йышăннă. Малтан çĕнĕ япаласем уçакан вырăс флочĕн офицерĕсем хушшинче Крузенштерн, Лисянский, Головнин, Лазарев, Коцебу, Беллинсгаузен, Невельский, Макаров ячĕсем уйрăмах паллă вырăн йышăнса тăраççĕ.

Лăпкă океанăн пĕтĕм çурçĕр пайне, Арктика бассейнне тата Антарктидăна вырăссем тĕпчесе вĕреннĕ. Çакăншăн пирĕн халăх тивĕçлипе ăмсанса савăнать. Тĕнчери тинĕссемпе океансенчи пуринче те тенĕ пекех нумай утравсене, мыссене, бухтăсене вырăс морякĕсен ячĕсене панă.

Вырăс çар морякĕсем хушшинчен талантлă ученăйсемпе изобретательсем тухнă. Кронштадтри электроминнăй шкул преподавателĕ А. С. Попов радио шутласа кăларнă. Ку вăл тĕнчери наукăра калама та çук пысăк вырăн йышăнса тăрать. Вырăс морякĕ А. Ф. Можайский тĕнчере чи малтан самолет тунă, ăна тĕрĕслесе пăхнă. Социализмла Ĕç Геройĕн А. Н. Крылов академикăн, И. Г. Бубнов инженерăн, С. О. Макаров адмиралăн ĕçĕсемпе пĕтĕм тĕнчере карапсен проекчĕсем тума тата карап строительствинче усă кураççĕ. Российăра чи малтан броненоснăй крейсерсем, хăвăрт çӳрекен эскадреннăй миноносецсем, шыв айĕнче çӳрекен кимĕсем, шыв çийĕнчи тата шыв тĕпĕнчи заградительсем, миннăй катерсем тума пуçланă.

Вырăс флочĕ нумай тăшмансене çĕнтерсе чапа тухнă. Гангутпа Ŕренгам, Чесмапа Калиакрия, Корфупа Синоп патĕнчи çĕнтерӳсене пирĕн халăх ĕмĕрне те манас çук. Тинĕсри çав çапăçусенче тата ытти сенче те вырăссен паллă флотоводецĕсем Ушаков, Сенявин, Лазарев, Нахимов, Корнилов, Макаров пĕтĕм тĕнчене флота ертсе пырас чаплă искусствăна кăтартнă.

Вырăс флочĕн историйĕ революцилле традицисемпе палăрса тăрать. Патша Российăн хĕçпăшаллă вăйĕсенче массăллă революцилле кĕрешĕве чи малтан «Князь Потёмкин-Таврический» броненосец çĕкленнĕ. Октябрьти хĕçпăшаллă восстание хатĕрленсе иртнĕ тапхăрта флот тĕп вăйсенчен пĕри пулнă. Балти морякĕсем вăхăтлăх правительствăн контрреволюцилле çарĕсене хирĕç активлăн кĕрешнĕ. Вĕсем Петроградăн стратеги тĕлĕшĕнчи питĕ кирлĕ пункчĕсене йышăнса тăнă, Зимний двореца штурмлама хутшăннă. «Аврора» крейсер октябрĕн 25-мĕшĕнче, Нева çинчен хăйĕн тупписене Зимний дворец çинелле кăнтарса, çĕнĕ эра—Октябрьти Социализмла Аслă революци эри пуçланнине пĕлтернĕ.

Моряксем ют çĕршыв интервенцийĕпе граждан вăрçи тапхăрĕнче те паллă вырăн йышăнса тăнă. Флот хăйĕн мĕнпур вăйне çамрăк Совет республикин кунçулне татса паракан нумай фронтсене янă. Икĕ флот тата юханшывсемпе кӳлĕсенчи çирĕм флотили ытла çĕр çинчи çарсемпе тачă çыхăнса çапăçнă, вĕсем интервентсемпе белогвардеецсене аркатмаллах сĕмĕрнĕ.

Граждан вăрçи çулĕсенче Балти çинчи совет морякĕсем Англин 16 карапне путарнă тата çавăн чухлех карапа пысăк сиен кӳнĕ. Хĕрлĕ Çар чаçĕсене çавăн пекех Хура тинĕс флочĕ, Днепр, Ладога, Онега, Çурçĕр Двина тата ытти юханшывсемпе кӳлĕсем çинчи флотилисем те активлă пулăшнă. 60 пин моряк ытла çĕр çинчи фронтсенче çапăçнă. ССР Союзĕнчи ĕçсыннисем граждан вăрçин мухтавлă паттăрĕсене—çар морякĕсене Железнякова, Маркина, Сладкова, Виноградова, çавăн пекех Тăван çĕршывăн ытти нумай паттăрĕсене чыслăн сума суса пурăнаççĕ.

Граждан вăрçи пĕтнĕ хыççăн Совет çĕршывĕ мирлĕ строительство тапхăрне кĕчĕ. Социализмла промышленноçа тата хуçалăхне аталантарса пынипе пĕрлех партипе правительство çĕршыв оборонине тĕреклетес ыйтусем çине те тимлĕн пăхрĕç.

1921 çулта партин X-мĕш съезчĕ социализмла республикăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсене малалла тĕреклетсе пырас тĕлĕшпе питĕ кирлĕ кăтартусем пачĕ.

Партипе правительство вăй хунипе, Ленинпа Сталин тăрăшнипе пирĕн флот хăвăрт аталанса пынă. Ку ĕçре комсомол пысăк пулăшу панă, вăл, флота шефа илсе, карапсем çине тата училищĕсене пиншер çамрăк патриотсем янă. 1923 çулта «Марат» линкор, «Аврора», «Коминтерн» крейсерсем, темиçе миноносец тата чылай ытти карапсем строя кĕнĕ.

1932 çулта Лăпкă океан флотне, 1933 çулта Çурçĕр флотне туса хунă. Пĕрремĕш тата иккĕмĕш пилĕкçуллăхсенче 500 çĕнĕ карапа яхăн строя кĕнĕ. Виççĕмĕш пилĕкçуллăх пуçланас умĕн Коммунистсен партийĕ тата Совет правительстви тинĕс тата океан çинчи пысăк флот тăвас задача кăларса тăратрĕç.

1938 çулта ССР Союзĕн Верховнăй Совечĕн Пĕррĕмĕш Сессийĕнче Молотов юлташ çапла каланă: «...тинĕс флочĕн строительствине тивĕçлипе тытăнма эпир юлашки çулсенче кăна пуçтартăмăр. Балти, Хура тинĕс, Çурçĕр, Лăпкă океан флочĕсем халĕ ĕнтĕ аслă Совет державине кирлĕ пек ӳссе пыма пуçларĕç... Хăватлă Совет державин унăн интересĕсемпе килĕшсе тăракан, пирĕн аслă ĕçе тивĕçлĕ тинĕспе океан флочĕ пулмалла».

Партипе правительство чĕнĕвне совет халăхĕ питĕ пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕ. Суднăсем тăвакан промышленность пĕр 1938 çулта кăна Тинĕс-Çар Флотне шыв çийĕн çӳрекен карапсем, водоизмещенипе шутласан, иккĕмĕш пилĕкçуллăхăн чи тухăçлă çулĕнхинчен пилĕк хут ытларах панă.

Совет Тинĕс-Çар Флочĕн морякĕсем мирлĕ вăхăтра кăткăс çар техникине тимлесе вĕреннĕ, иртнĕ вăхăтсенчи вăрçăсен опытне тишкернĕ, ку чухнехи тинĕс çапăçăвĕсен тактикăлла майĕсене лайăхлатса пынă, теорилле пĕлĕве малалла ӳстернĕ. Пирĕн моряксем Тăван çĕршывăн чыçĕпе никама пăхăнманлăхне, Октябрьти Социализмла революцин çĕнтерĕвĕсене тăшмансенчен сыхлама яланах хатĕр тăнă.

Çапла ĕнтĕ, пирĕн çĕршывăн ĕçсыннисем паттăррăн ĕçленипе, Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви куллен-кун тăрăшнипе ССР Союзĕн Тинĕс-Çар Флочĕ никам çĕнтерейми хăватлă вăй пулса тăчĕ. Пирĕн Тăван çĕршыв çине гитлерла Германи ирсĕррĕн тапăнсан, совет халăхĕпе унăн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем, вĕсемпе пĕрле Тинĕс-Çар Флочĕ те, этемлĕхĕн чи усал тăшманне хирĕç кĕрешĕве паттăррăн тухрĕç, çĕнтерӳ пирĕнте пуласси çирĕппĕн шанса тăчĕç.

Тинĕс-Çар Флочĕн Совет Çарне тăшмана чарса тăма тата ăна вăйсăрлатма пулăшмалла пулнă, тинĕссем çывăхĕнчи çĕр çинчи фронтсен флангĕсене тăшман тинĕсрен пырса тапăнасран сыхлама тивнĕ, тинĕссем çинчи хамăр çулсене шанчăклăн хураллаĕа тăма лекнĕ, тинĕс хĕррине кĕсре лартнă тăшманăн группировкисене çĕр çинчи чаçсемпе пĕрле пĕтерсе пымалла пулнă, оперативлă тата стратегилле десантсем антарса хăвармалла пулнă, противникăн флочĕпе авиацине хирĕç кĕрешме тивнĕ, тăшманăн çыранри базисемпе объекчĕсем çине пырса тапăнмалла пулнă. Кĕскен каласан, флотăн çĕр çинчи çарсене противника тĕпĕ-йĕрĕпе аркатса тăкма пулăшмалла пулнă. [illegible] Главнокомандовани лартнă [illegible] чĕсене çар морякĕсем чыслăн пур[illegible].

Вăрçăн малтанхи кунĕсенчех Балти флочĕн авиацийĕ Данциг, Кенигсберг тата Мемель çине хăватлăн пырса тапăннă. Хура тинĕс флочĕ июнĕн 27-мĕшĕнче Констанцăна пырса çапнă, Одесса патĕнчи çапăçусем вăхăтĕнче Хура тинĕс флочĕн карапĕсем хулана хӳтĕлекенсене пулăшнă, десантлă операцисем туса иртнĕ.

Совет халăхĕн кĕрешӳ историйĕнче Севастополе паттăррăн хӳтĕлени питех те мухтавлă. Кунта Хура тинĕс флочĕ паллă вырăн йышăннă. Унăн пур карапĕсем те, «Севастополь» линкортан пуçласа вĕтĕрех боевой единицăсем таранах, герой-хулана хăюллăн сыхлакансене пулăшнă. Сакăр уйăх пынă кунти çапăçусенче гитлеровецсем 300.000 çынна çити çухатнă.

Аслă Отечественнăй вăрçă историйĕнче социализмла революцин вучахне—Ленинграда ултçĕр кун хушши ытла хӳтĕлесе тăни уйрăмах паллă вырăн йышăнса тăрать. Ăна хӳтĕлес тĕлĕшпе Балти флочĕ пысăк вырăн йышăннă. Карапсен, фортсен инçене перекен артиллерийĕ, чугун çул çинчи батарейăсем Ленин хули патне пымалли вырăнсене персе тăнă, нимĕç фашисчĕсен çарĕсене пысăк çухатусем кӳнĕ. Балти флочĕ нимĕç фашисчĕсен флотне çывăха пыма паман. Совет çарĕсем йышăнса тăракан çыраnсем патне противник карапĕсем пыраймаn, пирĕн çарсен кунти флангĕсене Балти флочĕпе Ладога флотилийĕ шанчăклăн хураллаnă.

Пирĕн Тинĕс-Çар Флочĕ ССР Союзĕн Хĕçпăшаллă Вăйĕсем гитлерла вăрă-хурахсене аркатса тăкмаллах вунă хутчен пырса çапнă кунсенче уйрăмах активлă пулнă. Флотсемпе флотилисем вĕсенчен саккăрăшне хутшăннă.

Лăпкă океан флочĕпе Амур флотилийĕ Япони империализмĕн çарĕсене çĕмĕрсе тăкма активлăн пулăшнă.

Пирĕн Тăван çĕршыв флочĕсемпе флотилийĕсем Совет Çарне тĕрлĕ çар яппалисем çуртарса пама, подкрепленисем, хĕçпăшалсем илсе пыма, аманнă воинсене илсе тухма, шывсем урлă çапăçса каçма пулăшнă.

Вăрçă çулĕсенче совет флочĕпе флотилийĕсем десантла операцисем çĕр ытла ирттернĕ.

Тăван çĕршыв умĕнчи тава тивĕçлĕ ĕçсемшĕн Совет правительстви Тинĕс-Çар Флочĕн 352.855 воинне орден тата медаль панă, 513 воинĕ Совет Союзĕн Геройĕ ятне илме тивĕçлĕ пулнă.

Социализмла державăн Тинĕс-Çар Флочĕн ĕçĕсене пысăка хурса, Сталин юлташ çапла каланă: «Совет халăхĕн фашистла Германие хирĕç пынă Аслă Отечественнăй вăрçинче пирĕн государствăн Тинĕс-Çар Флочĕ Хĕрлĕ Çара шанчăклă пулăшаканĕ пулчĕ... Совет морякĕсен çапăçури ĕçĕ çав тери хăюлăхпа, паттăрлăхпа, çапăçури пысăк активлăхпа тата вăрçăри ăсталăхпа палăрса тăрать... Балти тинĕсĕнче, Хура тинĕспе Баренц тинĕсĕнче, Атăл çинче, Дунайпа Днепр çинче совет морякĕсем вăрçăн тăвата çулĕ хушшинче вырăссен тинĕсри мухтавлăхĕн кĕнеки çине çĕнĕ страницăсем çырса хучĕç. Флот Советлă Тăван çĕршыв умĕнчи хăйĕн тивĕçне вĕçне çитиех пурнăçа кĕртсе пычĕ».

Совет флочĕн чаплă боевой ĕçĕсем акă мĕнрен килнĕ: тăшмана хирĕç паттăррăн кĕрешнĕ чухне пирĕн моряксем тĕнчере чи малта тăракан совет çар наукипе усă курнă, çав наука марксистла-ленинла теори çине таянса тăрать.

Пирĕн çĕршыв гитлерла Германие тата империалистла Японие çĕмĕрсе тăкса историллĕ çĕнтерӳ туни çĕрсе пăнтăхнă капитализм стройĕнчен совет стройĕ малта тăнине питĕ витĕмлĕн кăтартса парать.

ССР Союзĕ Аслă Отечественнăй вăрçăра çĕнтерӳ тунипе, социализмла государство тата та хăватлăрах, тата та тĕреклĕрех пулса тăчĕ, унăн тĕнчери авторитечĕ вĕçĕ-хĕррисĕр ӳсрĕ, çĕршыв чиккисем тĕреклĕнчĕç.

Вăрçă хыççăнхи вăхăтра Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ССР Союзĕн Тинĕс-Çар Вăйĕсене малалла аталантарассишĕн хытă тăрăшаççĕ. Аслă Отечественнăй вăрçă хыççăнхи çулсенче флот пĕрмаях тĕреклене пычĕ. Çар морякĕсем хăйсен ăсталăхне тăрăшса ӳстереççĕ, карапсемпе чаçсене сыхă тытаççĕ. Нумаях пулмасть «Свердлов» крейсер Англие кайса килчĕ. Урăх çĕршывсенчи хаçатсем пирĕн крейсерăн личнăй составне питĕ ырласа çырчĕç.

Совет Çарĕ тата Тинĕс-Çар Флочĕ хăйсен личнăй составĕ ăнланулла пулнипе, идея тĕлĕшĕнчен çӳлте тăнипе никам çĕнтерейми вăйлă. Çавăн пек пахалăхсем капитализмла çĕршывсен пĕр çарĕнче те, пĕр флотĕнче те пулма пултараймаççĕ. СССР Хĕçпăшаллă Вăйĕсем умĕнче тăракан тĕрĕс те ырă тĕллевсене ăнланни совет воинĕсене çапăçура паттăр ĕçсем тума, мирлĕ вăхăтра тăрăшса вĕренме хавхалантарать.

Совет Тинĕс-Çар Флочĕн матросĕсемшĕн, старшинисемшĕн, офицерĕсемшĕн тата адмиралĕсемшĕн пĕтĕм халăх ăшшăн тăрăшать. Вĕсем, партипе правительство тавра тачă пĕтĕçсе тăрса, хăйсен карапĕсене сыхă тытаççĕ, совет халăхĕн мирлĕ ĕçне питĕ тимлĕн сыхлаççĕ.

**И. ЗУБЕНКО,**
контр-адмирал.



В. Захаркин художникăн плакачĕ, ăна «Искусство» издательство пичетлесе кăларнă.

### Земляксен çырăвĕсем

Пирĕн редакцие совет морякĕсенчен—пирĕн земляксенчен çырусем нумай килсе тăраççĕ. Хăйсен çырăвĕсенче вĕсем вĕренӳри ӳсĕмсем çинчен каласа параççĕ, мир ĕçне хӳтĕлени çинчен çырса пĕлтереççĕ.

**И. Александров** матрос çапла çырать:

— Эпир Тăван çĕршывăн тинĕс чиккисене çирĕп хӳтĕлетпĕр, тинĕс-çар ĕçĕпе политикăлла вĕренӳре пысăк çитĕнӳсем тума тăрăшатпăр. Пирĕн карап çинчи моряксем Тăван çĕршыв тунă çитĕнӳсемпе питĕ интересленеççĕ, производствăра малта пыракансемпе тачă çыхăну тытаççĕ.

Нумаях пулмасть, Харьковри пĕр заводра ĕçлекенсем пирĕн патăрта хăнара пулчĕç. Моряксем мирлĕ ĕçре хастарлă ĕçлекен стахановецсене ăшшăн кĕтсе илчĕç. Матроссемпе старшинасем хăнасене хăйсен вĕренĕвĕ çинчен, хăйсен ăсталăхне ӳстерсе пыни çинчен каласа пачĕç.

Хăнасем хăйсем производствăра тунă ӳсĕмсемпе паллаштарчĕç.

— Коммунизм обществи тăвассишĕн пыракан кĕрешӳре Чăваш республики тунă çитĕнӳсемпе эпир чунтан савăнатпăр,—тесе çырать **М. Дмитриев** юлташ.— Нумаях пулмасть, эпир республикăри колхоз ĕçченĕсем вăйлă тырпул çитĕнтерни çинчен çырнă статьяна вуларăмăр. Чăваш республикинчен килнĕ моряксем вăл статьяна пĕрле пухăнса сӳтсе яврĕç, ун хыççăн тата лайăхрах вĕренме, çар пĕлĕвне ӳстерсе пыма обязательствăсем илчĕç.

Эпир хамăрăн земляксене-колхозниксене ăнса пулнă тырпула вăхăтра тата пĕр тăкаксăр пухса кĕртме ырă сунатпăр. Хастарлă ĕçлĕр, хаклă земляксем! Сирĕн мирлĕ ĕçе эпир тимлĕн хуралланатпăр.

**П. Воронцов** матрос пирĕн земляксен-моряксен çитĕнĕвĕсем çинчен çырса пĕлтерет.

— Чăваш республикинчен килнĕ çамрăксем, ытти облаçсемпе крайсенчен килнĕ матроссем пекех, çар ĕçĕпе политикăлла вĕренӳре хăйсен пысăк пултарулăхне кăтартаççĕ,—тесе çырать вăл.— Карап çинчи командирсем тата матроссем Елчĕк районĕнчи Патрекел ялĕнчен килнĕ М. Миллин матрос çинчен ăшă кăмăлпа асăнаççĕ. Миллин юлташ хăйĕн пĕлĕвне кунтан-кун ӳстерсе пырать, кĕнекесем нумай вулать. Çар ĕçĕнче тата политикăлла вĕренӳре çитĕнӳсем тунăшăн Миллин юлташа аслă матрос ятне пачĕç. Халĕ вăл отделени командирĕн заместителĕ пулса ĕçлет. Ăна 14 хутчен тав. тунă.

Воронцов юлташ çавăн пекех Елчĕк районĕнчи Аслă Таяпа ялĕнчен килнĕ Медведев матрос та лайăх вĕренни, совет морякĕн ятне çӳлте тытни çинчен çырать.

**П. Макаркин** юлташ Совет Çарне Сĕмĕрле районĕнчи Маленков ячĕпе тăракан колхозран пынă. Макаркин физкультурăпа спорт ĕçĕ пирĕн çĕршыв вăй-хăватне тĕреклетес ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăни çинчен çырать, пирĕн республикăри çамрăксене спортпа интересленме, паллă спортсменсенчен вĕренсе пыма чĕнет, хăй спорт ĕçĕнче тунă çитĕнӳсем çинчен çырса кăтартать.

Çак çырусен авторĕсем—сумлă патриотсем. Вĕсем совет шкулĕнче вĕренсе воспитани илнĕ, Тăван çĕршыва чунтан юратма вĕреннĕ. Вĕсем Тăван çĕршыва малашне те тимлĕн хураллĕç, мир ĕçĕшĕн, совет çыннисен телейĕшĕн хăйсен вăй-халне шеллемесĕр тăрăшĕç.

# Аслă шыв çулĕ

(Атăлпа Дон хушшинчи пăрахутсем çӳремелли В. И. Ленин ячĕпе тăракан канала уçнăранпа пĕр çулталăк тултарнă тĕле)

Пĕр çул каялла, 1952 çулхи июлĕн 27-мĕшĕнче Атăлпа Дон хушшинчи пăрахутсем çӳремелли В. И. Ленин ячĕпе тăракан канала уçнă. Икĕ пысăк шыва—Атăлпа Дона пĕрлештерессси çинчен вырăс халăхĕн чи лайăх çыннисем ĕмĕртенпех ĕмĕтлени пурнăçа кĕнĕ.

Совет халăхĕ ĕçри çак çĕнтерĕве Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе тума пултарчĕ. Коммунизмшăн пыракан кĕрешĕвĕн историйĕнче çак çĕнтерӳ уйрăмах палăрса тăракан страница пулса юлать.

Атăлпа Дон хушшинчи канал çĕршыври халăх хуçалăхне аталантарас ĕçре питех те пысăк вырăн йышăнса тăрать. Атăлпа Дона пĕрлештернипе пĕр харăсах виçĕ пысăк ыйтăва: транспорт, энергетика ыйтăвĕсене тата типĕ çанталăклă районсенче тырпула шăвармалла тăвас тата çав районсене шыв илсе пырас задачăна татса панă. Атăлпа Дон хушшинчи пăрахутсем çӳремелли В. И. Ленин ячĕпе тăракан канал ĕçсыннисене çĕршывăн кăнтăр-хĕвелтухăçĕнчи пайĕн экономикине вĕсĕк вăхăт хушшинчех тĕпрен лайăхлатма пулăшать.

Атăлпа Дон хушшинчи канал ССР Союзĕн Европа пайĕнчи 5 тинĕсе тата сукийăсем çӳремелли 43.000 километр тăршшĕ шыв çулĕсене шыв транспорчĕн пĕр системине пĕрлештерчĕ. Атăлпа Дон хушшинчи каналăн системинче Цимлянски гидроузел туса лартнă. Çав гидроузел пулăшнипе Дон шывĕ тĕп каналсемпе шыва валеçмелли каналсем, çĕре шăвармалли каналсем тăрăх калхозсемпе совхозсен уй-хирĕсене пырать. Ростов тата Сталинград облаçĕсенчи çĕршер пин гектар типĕ çĕрсем çине шыв пычĕ, çав çĕрсем çинче майĕпен уйхирсем, садсем, виноградниксем чечекленме пуçлĕç, кĕтӳ çӳретмелли лайăх вырăнсем пулса тăрĕç.

Атăлпа Дон хушшинчи канал халех ĕнтĕ промышленноçа аталантарма пулăшать, малашне тата ытларах пулăшĕ. Пĕлтĕрхи навигаци пуçланнăранпа Атăлпа Дон хушшинчи аслă шыв çулĕ тăрăх халăх хуçалăхĕшĕн пысăк пĕлтерĕшлĕ грузсене турттараççĕ, малашне грузсем тата нумайрах турттарĕç. Халиччен Атăлпа Кама шывĕсем тăрăхĕнчи районсемпе Донбасри тата Кавказри районсем хушшинче грузсене пуринчен ытларах чугун çулсем тăрăх илсе çӳренĕ пулсан, халĕ вара Атăлпа Дон пристанĕсем тата вĕсемпе çыхăннă шыв çулĕсем çинчи пристаньсем грузсене кăнтăр енчи районсене те, Атăл тăрăхĕнчи районсене те тӳрех ăсатаççĕ тата кирлĕ грузсене илсе тăраççĕ. Çав районсен экономикăлла çыхăнăвĕ пĕрмаях вăйланса пырĕ. Тепĕр 3—4 çултан канал тăрăх, 1952 çулхи сăнавлă навигаци вăхăтĕнчипе танлаштарсан, 5 хут нумайрах груз турттарма май пулать. Шутласа пăхнă тăрăх, ку вăл чугун çулăн 400 пин вагонĕ çине тиемелли груза шыв çулĕпе илсе каймама май парать тата уйрăм йышши грузсене турттарса çӳреме паракан хака 4—10 хут йӳнетет.

Атăлпа Дон хушшинчи канал пароходствин çамрăк коллективĕ иртнĕ çул ĕçре пĕртам опыт пухрĕ. Работниксем шыв çулĕ çинчи тĕнчери чи лайăх гидротехника сооруженийĕсем патĕнче ĕçлеме хăвăрт вĕренсе çитрĕç, суднăсене шлюзсем витĕр хăвăртрах кăларма пуçларĕç; техника нормисенче палăртнă тăрăх, суднăна шлюз витĕр 20—30 минут хушшинче кăлармалла пулсан, вĕсем хăшпĕр чухне çав ĕçе 10—12 минут хушшинчех тăваççĕ.

Кăçалхи, иккĕмĕш навигаци иртнĕ çулхи пĕррремĕш навигацирен тĕпренех уйрăлса тăрать. Çĕнĕ çул тăрăх илсе çӳрекен грузсен хисепĕ 3 хут ытла ӳсрĕ. Дон çинчен Атăл çине çĕр кăмрăкĕ, Атăл çинчен Дон çине йывăç турттарасси, çавăн пекех Кубаньри тырра тиесе ăсатасси уйрăмах ӳсрĕ. Кăçал канал тăрăх, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, çĕр кăмрăкĕ 7 хута яхăн нумайрах, баржăсем çине тиенĕ йывăç 3 хута яхăн нумайрах, сулăсем 5 хут нумайрах ăсатаççĕ.

Канал тăрăх çӳрекен пассажирсен йышĕ те нумайланчĕ. Кăçал пирĕн çĕршыври пассажирсем илсе çӳремелли чи вăрăм çулпа—Мускавпа Ростов хушшинчи 3.000 километр тăршшĕ çулпа усă курма пĕтĕмпех вĕренсе çитеççĕ. Пассажирсем илсе çӳрекен пысăк пăрахутсемпе теплоходсемсĕр пуçне, кăçал питĕ паха икĕ дизельэлектроход—«Россия» тата «Украина» çӳреççĕ, вĕсем çинче пассажирсем валли пур енчен те лайăх условисем туса панă, вĕсем çинче шыв бассейнĕсем те пур. Виççĕмĕш судно—«Белоруссия» çула тухма хатĕрленет. Каярахпа «Грузия» тата «Азербайджан» суднăсем çӳреме тытăнаççĕ.

Хальхи вăхăтра Сталинградпа Ростов хушшинче пассажирсем питех те нумай çӳреççĕ. Сталинградран халĕ кашни кунах е Мускавран пынă, е Ростовран пынă, пассажирсем лартса çӳрекен судно канал тăрăх тухса каять. Çакă вăл нумай пассажирсемшĕн—Атăлпа Дон хушшинчи пăрахутсем çӳремелли Ленин ячĕпе тăракан канал тăрăх герой-хулана пырса куракан экскурсантсемпе туристсемшĕн питех те лайăх.

Кăçалхи навигацире Цимлянски тинĕсĕ çинче пассажирсем çӳремелли темиçе çĕнĕ лини уçнă. Тинĕс хĕрринчи Пятиизбянски, Нижне-Чирски, Жуковски, Кривски, Красноярски, Суворовски станицăсенче, Попов тата Ильмень хуторĕсем çывăхĕнче пăрахутсем чарăнмалли вырăнсем тунă, дебаркадерсем лартнă.

Хальхи навигацири иккĕмĕш тата тĕп уйрăмлăх вăл буксир флочĕ сахал ӳснĕ вăхăтрах пирĕн грузсем турттармалли пысăк задание пĕтĕмпех пурнăçласси пулать; çакна нимĕнрен ытларах буксир флочĕпе лайăхрах усă курнипе, двигательсемпе усă курас ĕçре техникăпа экономика нормисене ӳстернипе, суднăсене илсе çӳрес ĕçре малта пыракан прогрессивлă меслетсемпе усă курнипе пурнăçламалла.

Навигаци программине срокчен пурнăçлассишĕн ăмăртăва хутшăнса, пирĕн управлени коллективĕ грузсем турттаракан тата пассажирсем илсе çӳрекен флотăн ĕç тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе организацилле-техникăлла ĕçсем чылай тума палăртрĕ. Сăмахран, грузсем турттаракан тата пассажирсем илсе çӳрекен флотăн пур командисем те, Атăл çинче çӳрекен «Руслан» ятлă пăрахут коллективĕнчен пример илсе, стахановла плансем тăрăх ĕçлеме тытăнчĕç.

Атăлпа Дон хушшинчи канал тăрăх çӳрекен суднăсем çинче ĕçлекенсем те флот ĕçне юханшыв çинчи паллă работниксен Бурлаковпа Герасимовичăн меслечĕ тăрăх организацилеме, сехет графикĕпе ĕçлессине пурнăçлама, пирĕн ăраспарах условисенче суднăсене буксир тĕкнипе илсе çӳремелли çĕнĕ прогрессивлă меслетпе ĕçлеме вĕренсе çитме тăрăшаççĕ.

Сталинградри диспетчерсем çĕршыври юханшывсен бассейнисенче диспетчер ĕçне судно вырăна çитиччен туса пыракан сменăсем тăвас ĕçе тата грузсене чарса тăратмасăр илсе çӳрессине организацилес ĕçе пуçарчĕç. Сталинградри диспетчерсен пуçарăвне ырласа, пирĕн пароходствăн диспетчерĕсем çак патриотла çĕнĕ юхăма активлă хутшăнчĕç.

Çавăн пек ĕçсем тунипе тата партилле-политикăлла ĕçе вăйлатнипе Атăлпа Дон хушшинчи канал пароходствин Красноармейски районĕнчи управленийĕн коллективĕ хăйĕн пур ĕçĕсене те чылай лайăхлатма пултарчĕ. Çак коллективăн Атăлпа Дон хушшинчи шыв çулĕ тăрăх пыракан грузăн 60 процентне хăйĕн ăсатса тăма тивет. Атăлпа Дон хушшинчи канал çинче ĕçлекенсем хальхи навигаци пуçланнăранпа икĕ уйăх çурă хушшинче пĕлтĕр пĕтĕм навигаци вăхăтĕнче турттарнă чухлĕ груз ăсатрĕç. Кондратков капитан ертсе пыракан 308 номерлĕ теплоходăн командин ĕç результачĕсем пур командăсен результачĕсенчен те лайăхрах пулчĕç. Унăн грузсем турттармалли плана, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, виçĕ хут пысăкрах пулсан та, команда çав плана иртнĕ тапхăр хушшинче 148 процент тултарчĕ.

Игнатьев, Закомолдин тата Яровой капитансем ертсе пыракан 304-мĕш, 307-мĕш, 313-мĕш номерлĕ теплоходсен командисем те лайăх ĕçлеççĕ. Суднăсене çӳретес ĕçе сменнăй диспетчер, çамрăк инженер М. Казанцева лайăх йĕркелесе пырать.

Хальхи навигацире йывăçа чи йӳне ларакан майпа—сулăсем туса илсе кайма вĕренсе çитни те пирĕн ĕçри пысăк çитĕнӳ пулса тăрать. Çапла майпа ĕçлеме вĕренме Атăлпа Дон хушшинчи шыв çулĕн коллективне Вăрман хатĕрлес тата сулă юхтарас ĕçсене наука енĕпе тĕпчекен центральнăй институт нумай пулăшрĕ. Çав институт тинĕс тăрăх илсе каймалли 200 метр тăршшĕ, 25 метр сарлакăш, 2 метра яхăн шыва путакан сулла хытă çыхса тĕреклетмелли майсене кăтартса пачĕ. Тинĕс тăрăх илсе каймалли сулăсене тата çĕнĕ йышши баржăсене илсе çӳреме хăватлă çĕнĕ буксир-теплоходсем ярса пачĕç. Ку теплоходсем чи вăйлă çил-тăвăл вăхăтĕнче те çӳреме пултараççĕ. Уралти йывăç суллисен малтанхи ушкăнне Атăл çинчи Дубовка патĕнчен илсе килчĕç. Вĕсене канал тăрăх Цимлянски тинĕсе кăларчĕç. Вĕсене тинĕсре ултă баллă шторм пулнă чухне тивĕçлĕ вырăна ăнăçлă çитерчĕç. Çапла вара, тинĕс условийĕсенче те йывăçа сулă туса илсе çӳреме май пурри лайăх курăнчĕ.

Атăлпа Дон хушшинчи канал çинче ĕçлекенсем хăйсен пĕлĕвĕсене ӳстерсе пыраççĕ. Вĕсем канал çинче ĕçлекенсем валли тунă нумай кружоксенче вĕренеççĕ.

Кăçалхи навигацире, ертсе пыракан вырăнсене юханшыв ĕçĕн училищисемпе техникумĕсенчен вĕренсе тухнă çамрăк, пултарулла нумай работниксем йышăнчĕç. Хăйсене шаннине капитансем, капитан помощникĕсем, суднăсен механикĕсем пулма уйăрса лартнă Дудкин, Пирогов, Куртиков, Яшинецкий, Тюлин тата ытти нумай юлташсем чыслăн тӳрре кăларса пыраççĕ.

Вĕренӳ комбиначĕсем навигаци хушшинчи тапхăрта командăй составшкулĕсенче кадрсем хатĕрлес тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттерчĕç.

Атăлпа Дон хушшинчи канал çинче ĕçлекенсен халиччен татса паман ыйтусем те нумай-ха. Партин историллĕ XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсем тăрăх ĕçлесе, шалти резервсене мобилизацилесе, вĕсем хăйсен социализмла обязательствисене ăнăçлăн пурнăçласа пырĕç, 1953 çулхи навигацие лайăх ирттерĕç.

**П. КАЧАЛИН,**
Атăлпа Дон хушшинчи канал пароходствин Красноармейски районĕнчи управленийĕн начальникĕ, юханшыв флочĕн виççĕмĕш класри капитанĕ.

# ТЫРПУЛ ПУХСА КĔРТЕС ĔÇЕ КУЛЛЕН ХĂВĂРТЛАТСА ПЫРАР

## Комбайнсем МТС-ран тухман

ЕТĔРНЕ, июлĕн 25-мĕшĕ. (Телефонпа). Иртнĕ çул кунти машина-трактор станцийĕн комбайнĕсем тырă вырма вăхăтра тытăнайманнипе колхозсем тырпул пухса кĕртес ĕçре сахал мар тăкак курчĕç. МТС руководителĕсем пĕлтĕрхи йăнăшсене каллех тăваççĕ.

Районти колхозсен уй-хирĕсенче пĕрхи тырăсем пулса çитрĕç. Ыраш йывăр пучахлă, пĕрчисем шултра, хăвăрт тăкăнма пултарать. Çапă вăл МТС руководителĕсене нимĕн чухлĕ те хумхантармасть. Паянхи куна комбайнсем пĕр колхозра та ĕçлемеççĕ.

Ку анчах мар. «Коммунар» маркăллă икĕ комбайн халĕ те МТС картишĕнчех лараççĕ. Вĕсене кадрсем çитмен пирки вăхăтра юсаман мĕн. МТС директорĕ Вязов юлташ пĕр эрне каярах участокри механик Шаров юлташа хăй патне чĕнчĕ те:

— Акă сана комбайн, ăна юса та хăвăртрах колхоза тухса кай,—тенĕ.

Çак кунсенчех тата çапла пулнă. Вязов юлташ МТС-ран «Родина» колхозра ĕçлекен трактор бригадине телефонпа шăнкăртаттарнă:

— Комбайна илсе кайма хăвăрт трактор ярăр,—тенĕ.

Бригадир директор хушнине пурнăçланă, машина-трактор станцине хăвăрт трактор ярса панă. Анчах та комбайн хатĕр мар пулнă. Çак сăлтавпа трактор МТС картишĕнче тăватă кун ĕçсĕр ларнă.

Колхозсенче хĕрсех ыраш выраççĕ. Комбайнсем ĕçлемесĕр лараççĕ. Çакăншăн МТС руководителĕсем ответлă.

Г. МЫТИКОВ.

## 850 гектар ыраш вырнă

ТАВАЙ, июлĕн 25-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти пур колхозсем те ыраш выраççĕ. Паянхи куна мĕн пурĕ 850 гектар ытла вырнă. «Социализм» колхозра 106 гектар, Сталин ячĕпе тăракан колхозра 143 гектар вырнă.

Июлĕн 24-мĕшĕнче МТС-ĕн 10 комбайнĕпе тырă вырма тытăннă.

Колхозсенче жнейкăсемпе туллин усă кураççĕ.

З. ТОХТАСЬЕВ.

## ĂМĂРТСА ĔÇЛЕÇÇĔ

КАЛИНИНО, июлĕн 24-мĕшĕ. (Телефонпа). Хрущев ячĕпе тăракан колхозри 4 бригада пĕр-пĕрипе ăмăртса ĕçлеççĕ. В. Горин ертсе пыракан бригада малта пырать. А. Куликова, М. Матвеева, А. Михайлова, А. Блинова, А. Никитина колхозницăсем куллен 0,16 гектар выраççĕ.

Тырă вырма кашни кун 250 сыптан кая тухмасть. Вырнă ыраша çийĕнчех сĕмеле хываççĕ.

Бригадăсенче агитаторсем хаçат-журналсем вуласа параççĕ, калаçусем ирттереççĕ. Колхоз хирĕнче иккĕмĕш кун самоходнăй комбайн ĕçлет. Çитес кунсенчех колхоз государствăна тырă пама тытăнать.

Г. МАЛЬЦЕВ.
М. ВАСИЛЬЕВ.

## Комбайнсем пурте ĕçлеççĕ

ШĂХАСАН, июлĕн 25-мĕшĕ. (Телефонпа). Машина-трактор станцийĕн комбайнĕсем пурте колхозсен уй-хирĕсенче ыраш выраççĕ. Çак ĕçре уйрăмах Касьянов, Кашин тата Прокопьев комбайнерсем паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ, кашни кун сменăри нормăна тултарса ĕçлеççĕ.

К. ЕФРЕМОВ.

## Пирвайхи кунсем

Сĕрпÿрен Тĕнсĕр ялне пырса кĕрекен тÿп-тÿрĕ çулăн сылтăм енче, инçетри вăрман хĕррине çитиччен, ыраш пусси сарăлса выртать. Сулахай енче—сурти тата клевер пусси. Клевера вăхăтра çулса пухнă хыççăн çакăр пысăк капан туса лартнă.

Виç-тăватă кун каярах çеç кунта çÿлĕ хăмăллă çăра ыраш ăшă çилпе юлхавлăн хумханнă, вайăн-кăшĕксем çуйлашни тата çулпа иртекен лавсемпе автомашинăсен сассисем çеç илтĕнетчĕç. Акă, халĕ, анлă ыраш пусси яр ярах тытăнса касхине тĕттĕм пуличчен çынсен сассинчен хăпланаймасть.

Сталин ячĕпе тăракан колхоз ĕçченĕсем Сĕрпÿ районĕнче хăйсем вăйлă тырпул ÿстисем пулнипе паларса тăраççĕ. Кашни гектар пуçне çĕршер пăт тĕштырă туса илесси кунта ăнсăртлăх мар ĕнтĕ. Анчах Тĕнсĕрти колхозниксем кăçал ыраша хăйсем кĕтниннчен чылай нумайрах пухса кĕртеççĕ.

Уй хапхи патĕнченех КПСС членĕ Аркадий Михайлович Михайлов ертсе пыракан 3-мĕш уй-хир бригадин ыраш пусси пуçланса каять. Пĕр ушкăн колхозница кашни харпăр хăй касалăкĕ умĕнче пуç сĕклемесĕр вырать. Кĕлте вырăнне тĕм, тĕм вырăнне сĕмел пулса пырать.

Михайлов бригадир хăй те кунтах. Вĕрсĕнĕ велосипедне тĕм çумне таянтарнă та, вырнă касалăксене сăнаса утать, хăшĕ-мĕн тери таса, типтерлĕ вырнине тĕрĕслет. Тÿрĕ утма çук, кашни утăмрах тенĕ пек, тĕмсен айккипе иртмелле.

Коммунист ертсе пыракан бригадăри колхозниксем тата механизаторсем çак çĕр çинче пысăк тухăçлă ыраш туса илес тесе сахал мар вăй хунă. Иртнĕ çулта вĕсем лайăх сортлă тап-таса вăрлăха тăрăшса çемĕçтернĕ тăпра çине пысăк пахалăхпа акса хăварнă. Кăçал çуркунне мĕнпур çĕр лаптăкĕ çинчи калчана сÿреленĕ, икĕ хутчен минераллă удобренисемпе апат панă. Тырпулсене ăнăçлă ÿссе çитĕнме кăçал çанталăк та питĕ ырă пулчĕ.

— Гектар пуçне 25 центнертан кая мар,—терĕ Михайлов юлташ, ыраш пусси çине хавасла пăхса.—Унтан ытларах тухассине кĕтме пулать.

Бригадирпа пĕрле ытти колхозниксем те савăнаççĕ. Акă вăл—колхоз стройĕн ырă тивлечĕ, тулăх пурнăçăн шанчăклă çăлкуçĕ. Йывăç тăррисем çеç курăнакан вăрман патне çитиччен кашни гектар пуçне 150 пăтран кая мар тухакан ыраш сарăлса выртать. Çак çитĕнĕве колхозниксем Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тăванла пулăшнипе тунă.

Вăйлă тырпула халĕ ĕнтĕ часрах тата пĕр тăкналамасăр пухса кĕртмелле. Тăван çĕршыв умĕнчи обязательствăсене тÿрĕ кăмăлпа пурнăçлас пулать, вăрлăхпа ытти фондсене çителĕклĕ таран хывмалла. Колхозниксен харпăр хăй килĕнчи пÿлмисем кăçал тата туллирех пуласси—халех куç умĕнче.

Чĕрĕрех хăмăллă çăра ыраша тухăçлăн вырасси—çăмăл ĕç мар, пĕрре савăрса васнипех ывăça тулать, касалăк малалла каясшăн мар. Анчах вырма тухнă хыççăн виççĕмĕш кунтах чылай колхозницăсем хăйсен ăсталăхĕпе чăтăмлăхне палăртма ĕлкĕрнĕ. Бригадăр Аннăпа Агриппина Орловăсем, Феодора Егорова, Никонор Федотов тата ытти юлташсем кальхи хĕрÿллĕ тапхăрта мĕнпур вăйне хурса ĕçлени синчен каласа кăтартрĕ.

Хĕрринчи касалăк умĕнче ватăрах колхозница Феодосия Спиридонова вырать. Пысăк тухăçлă тырпулшăн вăл те кăмăлтан савăнать ĕнтĕ. Анчах ватă колхозницăн çамрăксене асăрхаттарас шухăш пур.

— Пăхăр-ха,—терĕ вăл, ывăçĕнчи вырнă тырра кăтартса.—Ыраш пĕрчисем, тухса ÿкес пекех, тулта тăраççĕ.

— Çапла çав,—килĕшрĕç ыттисем.

— Апла пулсан часрах вырмалла,—те ăшшăн, те сиввĕн каларĕ ватă колхозница.—Кĕтсех тăр, тата виç-тăватă кунтан ыраш шăпăртатса тăкăнма пуçлать.

Çак хĕрушлăх бригадира та хытă хумхантарать. Колхозниксемпе хавасла сăнпатне пăхса калаçнă хушăрах вăл ыраш пусси çине тинкерсе пăхать. Алă вĕççĕн нумаях ĕç тăваймăн, механизаципе нумайрах усă курмалла.

— Лобогрейкăна ыранах ĕçе ярас,—татса каларĕ вăл.—Вара çакăн чухлĕ йышпах кулленхи ĕç тухăçлăхне сахалтан та икĕ хут ÿстерме пулать. Комбайн манăн участок çине çитме ĕлкĕреймĕ.

Лобогрейка çĕнĕ, кăçал çеç туяннăскер. Унпа виçĕ смена хушши пĕр таттисĕр вырмалла, кашни сменăра 6 сехет хушши ĕçлемелле. Унпа ĕçлеме виçĕ колхозника çирĕплетнĕ, ултă лаша уйăрса панă.

В. Андриянов юлташ бригадин участокĕ патне çитеспе темиçе хĕрарăм хыттăн кулни илтĕнчĕ.

— Çамрăк чухне ахаль пурăнса ирттертĕн, акă халĕ тин ача çуратса патăн та, ватă пуçупа тертленсе çÿре ĕнтĕ,—кулать уçă саслă колхозница.

Çамрăк ача тытнă ватăрах хĕрарăм çине пăхсан, чăн та, иккĕленме пулать. Анчах вăл никам çине кÿренмесĕр кулса, хăех ăнлантарса пачĕ:

— Шăл йĕреççĕ вĕсем. Ку вăл кинĕн ачи, эпĕ унăн асламăшĕ пулатăп. Кин хулара ĕçлет те, ачине пăхма мана парса хăварать. Ку вăхăтра килте мĕнле чăтса ларас-ха? Ачана йăтрăм та килтĕм. Тепĕр тесен, мана килте ларма та юрамасть, эпĕ—бригадир арăмĕ-çке.

Пурте калаçма пăрахса вырма тытăнчĕç. Чакăр куçлă çамрăк хĕрарăм, кĕлте çыххине чĕркуççипе пусса хытарнă май пуçне çĕклерĕ те, хăюллăн ыйтрĕ:

— Ĕсир районтан килнĕ докладчик мар-и?

— Сире докладчик кирлĕ-им вара?

— Епле кирлĕ мар пултăр?—терĕ колхозница, чăр пăхса.—Виççĕмĕш кун выратпăр акă, пирĕн пата пĕри те килсе курмасть. Кунта янти мар, радио та, хаçатсем те çук. Ну, курапăр, кимĕнле хыпар та илтеместпĕр.

— Вулав çурчĕн заведующийĕ Иванов юлташа агитаторсем сирĕн пата çитме ĕлкĕреймĕç-и?

— Петр Иванчĕ отпускра,—терĕ пĕри.

— Вăл çуллаталăк тăрăшĕнех отпускра,—илтĕнчĕ терĕ çамрăкан уçă сасси.

Ку калаçу пирĕн тĕплĕнрех чарăнса тăма тивет. Вулав çурчĕн заведующийĕ Иванов юлташ—Сталин ячĕпе тăракан колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ. Уй-хир бригадисенче политикăллă-массăллă ĕç хăйне хăй пулса пырасси шанса, çак питĕ кирлĕ мероприятие организацилемесĕр, вăл пысăк йăнăш тăвать.

Паянхи колхозниксем хăйсен кулленхи ĕçне колхозĕн обществăлла интересĕпе унпа пĕрле пĕтĕм Тăван çĕршывăн интересĕпе те çыхăнтарма тăрăшаççĕ. Вĕсене ытти облаçсемпе республикăсенчи, районсенчи колхозниксем колхоз стройне тĕрĕслесе, хăйсен пурнăçне чечеклентерес ĕçре мĕнле ÿсĕмсем туни хыçă интересленет.

— Каккуй инçетри хыпарсене пĕлме,—терĕ çамрăк колхозница, тантăшĕсем чĕннĕ тăрăх Анюта ятлăскер.—Хамăр колхозри хыпарсене те пĕлместпĕр, стена хаçачĕ те çук.

Тен коммунистсемпе агитаторсем ытти бригадăсенче лайăхрах, активлăрах ĕçлеççĕ пулĕ? Ун пек те мар.

— Пирĕн бригадăра Ф. Черемухин коммунист çураки тапхăрĕнче, темиçе хутчен хистенĕ хыççăн, пĕр номер боевой листок кăларнăччĕ, унтанпа урăх ĕç тунине астумастăп,—терĕ бригадир Михайлов юлташ.

Колхоз правленийĕнче, ял Советĕнче стена хаçачĕсем, боевой листоксем, колхозниксене вăйлă тырпулшăн кĕрешме чĕнекен лозунгсемпе плакатсем çук. Иванов юлташ отпускра мар, ĕçре шутланать. Анчах унăн политикăлла-массăлла ĕçĕ колхозниксене курăнманнипе, вăл, Андриянов юлташ бригадинчи хăюллă колхозница каларăшле, отпускра пурăннă пекех туйăнать мĕн.

Колхозра йывăрлăхсемпе чăрмавсем те сахал мар-ха. Правлени председателĕн заместителĕ А. Яковлев юлташ уй-хир бригадисенче ĕç тухăçлăхĕ çителĕксĕр пулни, колхозниксен пĕр пайĕ уй-хир ĕçне активлă хутшăнманни çинчен пĕлтерчĕ. Правленипе пуçламăш парторганизаци хăйсен йăнăшĕсене хăвăртрах тÿрлетсен, политикăлла-массăлла ĕçе чăннипе организацилесен, социализмла ăмăртăва тата вăйлăрах сарса яма, паянхи йывăрлăхсене часрах сирсе яма пысăк майсем пулса тăрĕччĕç.

Н. ВОЛКОВ.
(Хамăр корр.).

Тĕнсĕр ялĕ,
Сĕрпÿ районĕ.

## Хаваслă ĕçре

«Гвардеец» колхозра виçĕ кун каярах ыраш вырас ĕçсем пур бригадăсенче те йĕркеллĕн пуçланчĕç. Халĕ ĕнтĕ кашни колхозникпа колхозница тырпула хăвăрт пухса кĕртес тĕлĕшпе мĕнпур хастарлăхпа ĕçлет. Икçĕр çын ытла ыраша çурлапа выраççĕ.

Тырпул пухса кĕртнĕ çĕрте бригадăсем машинăсемпе туллин усă кураççĕ. Пурĕ 6 жнейкăпа ĕçлеççĕ. Н. Рыбаков, А. Мясников тата Н. Баранов машиноведсем малта пыраççĕ, ĕç нормине икшер гектар ирттерсе тултараççĕ.

Колхозри пуçламăш парторганизаци уй-хирте ĕçлекенсем хушшинче политикăлла-массăлла ĕçе аван йĕркелерĕ. Калаçусем ирттерессипе, хаçат-журналсем вуласа парасси, боевой листоксемпе стена хаçачĕ кăларасси—пур бригадăсенче те йĕркеллĕ пулса пыраççĕ. Ĕçре малта пыракансен ячĕсене малтанхи кунах колхозри хисеп хăми çине çырса хучĕç.

Тухăçлă ĕçлеме колхозниксем валли лайăх условисем туса панă. Кашни бригадăрах столовăй организациленĕ. Колхозра ача ясли уçнă.

Колхоз çак кунсенчех авăн çапма, государствăна тырă пама тытăнать.

А. ЕФИМОВ,
колхоз агрономĕ.

Чкаловски районĕ.

## Малта пыракансем

ОКТЯБРЬСКИ, июлĕн 25-мĕшĕ. (Телефонпа). Машина-трактор станцийĕнчи чи лайăх комбайнер Митрофанов юлташ пĕлтĕр 500 гектар çинчен тырпул пухса кĕртнĕ. Кăçал вăл татах та пысăкрах обязательство илнĕ, халĕ Буденный ячĕпе тăракан колхозăн уй-хирĕнче тăрăшса ĕçлет.

Тимошенко ячĕпе тăракан колхозра ĕçлекен Г. Максимов комбайнер ĕнер малтанхи кунах вунă гектар ыраш вырнă. «Свобода» колхоз уй-хирĕсенче ĕçлекен К. Пименов комбайнер та ĕнер ĕç нормине ирттерсе тултарнă.

В. АНДРЕЕВ.

## ХИСЕП ХĂМИ

Ĕçсынни депутачĕсен райсовет исполкомĕсемпе КПСС райкомĕсем, Çул-йĕр тата транспорт хуçалăх управленийĕ тăратнă тăрăх, çул-йĕр строительстви планне срокчен тултарнăшăн республикăри Хисеп хăми çине çак колхозсене кĕртнĕ:

ИШЛЕЙ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

5. «Правда» колхоз (председателĕ И. Леонтьев юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ И. Гаврилов юлташ, комсомолецсемпе çамрăксен çул-йĕр бригадин бригадирĕ П. Нестеров юлташ). Колхоз чул хатĕрлемелли плана 173 процент, чул турттармалли плана 113 процент, хăйăр турттармалли плана 107 процент, чул сарса çул тумалли плана 100 процент тултарнă.

6. «Восток» колхоз (председателĕ И. Моисеев юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ Г. Иванов юлташ). Колхоз чул хатĕрлемелли тата турттармалли плана 104 процент, хăйăр турттармалли плана 120 процент, çĕр чавса купаламалли плана 100 процент тултарнă.

ШĂХАСАН РАЙОНĔ ТĂРĂХ

7. «Герой» колхоз (председателĕ П. Никифоров юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ Н. Павлов юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ М. Январева юлташ). Колхоз чул хатĕрлемелли тата турттармалли плана 101 процент, хăйăр турттармалли плана 102 процент, çĕр чавса купаламалли плана 100 процент, чул сарса çул тумалли плана 100 процент тултарнă.

СĔНТĔРВĂРРИ РАЙОНĔ ТĂРĂХ

8. «Коммунизм» колхоз (председателĕ В. Давыдов юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ М. Герасимов юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ Г. Александров юлташ). Колхоз чул сарса çĕнĕ çул тумалли плана 100 процент, çĕр чавса купаламалли плана 114 процент, чулпа хăйăр турттарса кăлармалли плана 100 процент тултарнă.

9. Молотов ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ И. Васильев юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ П. Михайлов юлташ, çул-йĕр бригадисен бригадирĕсем А. Демидовпа Н. Яковлев юлташсем). Колхоз чул сарса çул тумалли, çĕр чавса купаламалли, материалсем турттарса кăлармалли плана срокчен тултарнă.

10. «Светлый путь» колхоз (председателĕ А. Иванов юлташ, пуçламăш парторганизаци секретарĕ Е. Алексеев юлташ, çул-йĕр бригадин бригадирĕ М. Сапожников юлташ). Колхоз çул-йĕр строительстви планне пур кăтартусем тăрăх та срокчен тултарнă.

## Дояркăсен ăмăртăвĕ

### Сĕт нумай суса илес ĕçре малта пыракансем

Кăçалхи ултă уйăх хушшинчи итогсем

(Юлашки. Пуçламăшĕ иртнĕ номерте).

| Йышăннă вырăн | Хушаматсем | Район, колхоз, совхоз ячĕсем | Кашни сăвакан ĕнерен сĕт суса илнĕ (литрпа) |
|---|---|---|---|
| 62. | Ферапонтова А. Е. | Сĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз | 944 |
| 63. | Силантьева Г. В. | —«— | 939 |
| 64. | Демидова М. А. | Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | 933 |
| 65. | Кочеткова М. Я. | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 927 |
| 66. | Иванова М. | Канаш районĕнчи Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз | 924 |
| 67. | Иванова М. И. | Муркаш районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз | 923 |
| 68. | Плешкова М. Ф. | Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз | 923 |
| 69. | Галкина У. В. | Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 910 |
| 70. | Храмова Л. В. | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 907 |
| 71. | Васильева А. В. | Вăрнар районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз | 902 |
| 72. | Маркина М. Н. | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 901 |
| 73. | Емельянова Д. | Чкаловски районĕнчи «Восток» колхоз | 899 |
| 74. | Торговцева М. | Чкаловски районĕнчи «Гвардеец» колхоз | 893 |
| 75. | Лапаева П. О. | Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 889 |
| 76. | Ванюшина А. Ф. | Пăрачкав районĕнчи «Ударник» колхоз | 885 |
| 77. | Соколова К. В. | Первомайски районĕнчи «Пионер» колхоз | 856 |
| 78. | Борисова Т. В. | Сĕрпÿ районĕнчи «Новая жизнь» колхоз | 856 |
| 79. | Константинова | Куславкка районĕнчи «Динамо» колхоз | 854 |
| 80. | Кириллова Е. К. | Сĕрпÿ районĕнчи Мичурин ячĕпе тăракан колхоз | 853 |
| 81. | Моряшова М. С. | Куславкка районĕнчи «Динамо» колхоз | 847 |
| 82. | Голюнова А. Т. | Улатăр районĕнчи «Путь Ильича» колхоз | 846 |
| 83. | Захарова Ф. Д. | Хĕрлĕ Чутай районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 840 |
| 84. | Сергеева Е. С. | Йĕпреç районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз | 835 |
| 85. | Леднева А. И. | Пăрачкав районĕнчи М. Горький ячĕпе тăракан колхоз | 814 |
| 86. | Любимова Е. П. | Комсомольски районĕнчи «Красная звезда» колхоз | 804 |
| 87. | Матвеева Т. | Канаш районĕнчи Киров ячĕпе тăракан колхоз | 789 |
| 88. | Матюшкина П. К. | Первомайски районĕнчи «Пионер» колхоз | 780 |
| 89. | Корнилова М. К. | Шăхасан районĕнчи Ленин ячĕпе тăракан колхоз | 776 |

## Çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрленетпĕр

### (Пропагандист опытĕнчен)

Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче колхозри пуçламăш парторганизаци çумĕнче КПСС историне марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем тăрăх вĕренмелли кружок ĕçлерĕ. Унта 13 çын, вĕсенчен 9 коммунист вĕренчĕ. Май уйăхĕн вĕçĕнче пулса иртнĕ итоглă занятисем кружок членĕсем программăри произведенисене лайăх ăнланнине кăтартса пачĕç.

Хăйсен политикăлла пĕлĕвне ÿстернĕ май колхозри коммунистсем кулленхи ĕçсене хастарлăрах та пĕлсе туса пыракан пулчĕç. И. Федоров коммунист 4-мĕш уй-хир бригадине ертсе пырать. Бригада кăçалхи çураки ĕçĕсене ытти бригадăсенчен малтан тата лайăхрах пахалăхпа вĕçлерĕ. Уншăн ăна колхоз правленийĕпе пуçламăш парторганизацин куçса çÿрекен Хĕрлĕ ялавне панă. Халĕ бригада тырпул пухса кĕме кăтартуллăн хатĕрленчĕ, ыраш вырма йĕркеллĕ тытăнчĕ. Бригадăри колхозниксен ĕçри çĕкленĕвĕ пысăк. Вĕсем тырпула кĕске вăхăтра, пĕр тăкаксăр пухса кĕртессишĕн, сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне государствăна тырă парса татассишĕн ăмăртаççĕ. Ĕçкунĕсен минимумне пурте ирттерсе тултараççĕ. Силос хывмалли плана бригада тырă вырма тухиччен 80 процент тултарнă, 60 тонна хывнă. Бригадăри колхозниксем пурте пекех государствăна 3-мĕш кварталшăн аш, сĕт-çу, çăмарта, çăм тата укçа-тенкĕ парса татнă. И. Федоров коммунист колхозра чи лайăх ĕçлекен агитаторсенчен пĕри шутланать.

И. Игнатьев коммунист лаша фермин заведующийĕ пулса ĕçлет. «Кружокра вĕренни мана конюхсем хушшинче массăлла ăнлантару ĕçне витĕмлĕ туса пыма пулăшать», тет вăл. Конюхсен ĕçне тĕрĕс йĕркеленине пула колхозри лашасем пурте матур, кирек мĕнле йывăр ĕçре те чăтăмлă. План тăрăх, 1953 çулта колхозра 180 лаша пулмалла, паянхи куна лашасен шутне 196 çитернĕ.

Марксизм-ленинизм теорине тимлесе вĕренекен А. Алексеев коммуниста кăçалхи март уйăхĕнче Именкасси ял Совет председательне суйларĕç. Халĕ ял Совечĕ хăйĕн ĕçне пур енĕпе те лайăхлатрĕ. Ял Совет депутачĕсем, ялахни комиссисем тимлĕн ĕçлеççĕ. Сессисем план тăрăх вăхăтра пулса иртеççĕ. Иртнĕ 3 уйăхра ял Совечĕн сессийĕсем фельдшерсен пункчĕ, вулав çурчĕпе ялти библиотека ĕçĕсене вăйлатасси çинчен, çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрленнĕ май ял Совечĕ умĕнче тăракан ĕçсем çинчен, тырпула пухса кĕме хатĕрленесси çинчен сÿтсе явнă. Ялти халăх хушшинче массăлла ăнлантару ĕçне тĕрĕс туса пынипе пула, ял Совечĕ укçа-тенкĕ пухмалли 2-мĕш квартал планне 105 процент тултарнă.

Çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрленнĕ май кружок ĕçĕнчи иртнĕ çулхи хăшпĕр опытсене тата çитменлĕхсене пăхса тухни усăллă пулать. Опыт çакна кăтартса парать: вĕренÿри çитĕнÿ пуринчен ытла пропагандист кружок ĕçне методика енчен тĕрĕс йĕркелеме пĕлнинчен килет. Кружокри занятисен идейăлла шайĕ çÿлĕ пусăмра пулсан, вĕренекенсен вĕренес хаваслăхĕ те пысăк пулать. Начар иртекен занятисем кружокăн авторитетне пĕчĕклетеççĕ. Вĕсене вĕренекенсем кăмăлламаççĕ. Çапла вара вĕренекенсем занятисене йĕркеллĕ çÿременни те нумай чухне çавăнтан тухса тăрать.

Пирĕн кружок ĕçĕнчи тĕп меслет вăл—пропагандист ирттерекен калаçуран анлăн пуçланса каякан вĕренекенсен творчествăлла дискуссийĕ тата произведени тăрăх харпăр хăй тĕллĕн ĕçлесси. Калаçу занятисен пысăкрах пайне йышăнать. Пропагандист ирттерекен калаçу кружок ĕçĕнче питех те паха вырăн йышăнса тăрать, мĕншĕн тесен пропагандист калаçăвĕнчен вĕренекенсем темăн тĕп идейисене тарăнăн ăнланмалла, кайран произведени тăрăх харпăр хăй тĕллĕн ĕçленĕ чухне мĕнле ыйтусем çинче ытларах чарăнса тăмаллине пĕлсе юлмалла. Тема содержанине анлăн çутатса уçса парсан, вĕренекенсене кĕнеке тăрăх харпăр хăй тĕллĕн ĕçлеме çăмăлрах пулать.

Кружокăн черетлĕ занятийĕнче эпĕ иртнĕ занятире пулнă темăпа вĕренекенсене килте хатĕрленсе килме панă ĕç тăрăх калаçу ирттеретĕп. Вĕренекенсем лайăх хатĕрленсе килсен, юлташла калаçу активлă иртет. Пĕрин хыççăн тепри тухса калаçать. Пĕри каласа пани çумне тепри ыйтăва тарăнрах çутатса хушса каласа парать е тĕрĕс каламаннине тÿрлетет. Умма каларса тăратнă ыйтăва чылай чухне вĕренекенсем хăйсемех тарăн тата тĕрĕс çутатса параççĕ.

Калаçăва пысăк пахалăхпа ирттересси тема тăрăх ыйтусене тĕрĕс лартнинчен нумай килет. Çакна асра тытса, эпĕ занятие ирттерме хатĕрленнĕ чухне тема тăрăх 4—5 ыйту хатĕрлетĕп. Хăшпĕр чухне, темăна кура, ыйтусем унтан кăшт ытларах е сахалтарах пулаççĕ. Хатĕрленĕ ыйтусем вĕренекенсене темăн идейăллă содержанине тĕрĕс ăнланма тата таран çутатса пама пулăшаççĕ. Хускатнă ыйтăва çиелтен çеç шăйăрттарса кайни темăн содержанине тĕрĕс ăнланма чăрмантарать.

Пропагандистăн калаçура вак-тĕвексем çине кĕрсе каймалла мар, вĕренекенсене тĕп ыйтăва тата унăн содержанине çителĕклĕ, анлă, тарăн уçса пама хăнăхтарса пымалла. Вĕренекенсен материала конспект е кĕнеке çине çырнă сăмахсемпе мар, хăйĕн сăмахĕсемпе каласа пама тăрăшмалла. Çавăн пек хăнăхтарни материала тĕплĕ ăнланма пулăшать, вĕренни нумайлăха асра юлать.

Ку тĕлĕшпе пирĕн кружок ĕçĕнче пулнă çакăн пек тĕслĕх пур. Малтанхи вăхăтра хăшпĕр вĕренекенсем занятисенче тема содержанине кĕнеке тăрăх е конспект тăрăх вуласа паратчĕç. Ку ĕнтĕ вĕренекен материала çителĕклĕ пĕлменнине тата конспектпа усă курма хăнăхманнине кăтартса парать. Çак çитменлĕхе эпĕ çийĕнчех пĕтерме тытăнтăм. Вĕренекенсене ĕçе харпăр хăй тĕллĕн хатĕрленнĕ чухне кĕнекепе мĕнле ĕçлемелли тата конспекта тĕп ыйтусем тăрăх кĕскен мĕнле çырмалли çинчен каласа паратăм. Вĕренекенсене калаçусенче конспект тăрăх вулаçа мар, хăйсен сăмахĕпе каласа пама хăнăхтарса пытăм.

Пропагандистăн кашни вĕренекене калаçăва хутшăнтарма тăрăшмалла. Çавăн пек тусан, калаçу активлă тата интереслă иртет, кружок членĕсем тема тăрăх лартнă ыйтусене лайăхрах ăнланаççĕ. Калаçăва хутшăнманни нумай чухне вĕренекен занятие хатĕрленмесĕр килни çинчен каласа парать. Çавăн пек тăвакан юлташсем вĕренÿре ыттисенчен юлса пыма пуçлаççĕ.

Пропагандистăн ĕçĕ анлă пулмалла, занятирен занятие çÿренипе çеç чарăнса тăмалла мар. Вĕренекенсем киле панă ĕçе мĕнле хатĕрленине, конспектсене çырса пынине куллен тĕрĕслесе пымалла. Çак ĕçри йăнăшсене вăхăтра асăрхаттармалла. Кружок членĕсемпе уйрăммăн е пĕрле тĕл пулса, вĕсене занятти пулман кунсенче те пулăшу памалла. Кун пек туни вĕренекенсен дисциплинине çирĕплетме, вĕсен ответлăхне ÿстерме пулăшать. Кăна вĕренекенсемпе пĕрле пĕр колхозра е учреждени пурăнакан пропагандист нимĕнле йывăрлăхсăрах тума пултарать.

Унсăр пуçне, кружок ĕçĕн пахалăхне хăпартас çĕрте занятисенче кирлĕ наглядnăй пособисемпе—географи, политика карттисемпе, диаграммăсемпе пĕлсе анлăн усă курни пысăк вырăн йышăнать.

Опыт çакна кăтартса парать. Коммунистсемпе партире тăман активистсен политикăлла вĕренĕвне пысăк пахалăхпа йĕркелесси пуçламăш парторганизаци çак ĕçе тĕрĕс ертсе пынинчен килет.

Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче пирĕн колхозри пуçламăш парторганизаци ку тĕлĕшпе паха тĕслĕхсем кăтартрĕ. Вĕренÿ çулĕ пуçланиччен чылай малтан парторганизаци секретарĕ кашни коммуниста уйрăммăн каласрĕ. Парторганизаци кружокра вĕренме политикăлла пĕлÿ енĕпе пĕр пек шайра тăракан çынсене палăртрĕ. Вĕренме çутă та аслă пÿлĕм уйăрнă. Парторганизаци наглядnăй пособисем нумай хатĕрлесе пачĕ.

Çапах та, вĕренÿ çулĕ пуçлансан, малтанхи вăхăтра кăлтăксем пулчĕç. Кружокра çырăннă хăшпĕр коммунистсем кружокăн занятийĕсене йĕркеллĕ çÿремерĕç е тата занятисене хатĕрленмесĕр пыратчĕç. Пуçламăш парторганизаци çакна вăхăтра палăртрĕ, ку ыйтăва çийĕнчех партин уçă пухăвĕнче сÿтсе яврĕ. Çакăн хыççăн вĕренекенсем коммунистăн Уставран тухса тăракан ответлăхне туйса илсе, пурте занятисене пĕр сиктермесĕр çÿрекен пулчĕç, парса янă ĕçсене тума, конспектсем çырса çÿрерĕç.

Пуçламăш парторганизаци секретарĕ Ф. Александров, унăн заместителĕ Г. Виноградов тата КПСС райком членĕ А. Зорин юлташсем час-часах кружок занятийĕсене пырса çÿрерĕç, коммунистсем мĕнле вĕреннине тĕрĕслерĕç. Пуçламăш парторганизаци, кружокăн ĕçĕнче палăрнă çитменлĕхсене асăрхаттарса, йăнăшсене вăхăтра пĕтерсе пыма пулăшрĕ.

Пуçламăш парторганизаци иртнĕ вĕренÿ çулĕнче парти историне марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем тăрăх вĕренмелли кружокăн ĕçĕсене пăхса тухрĕ тата çĕнĕ вĕренÿ çулне кăтартуллă хатĕрленес тĕлĕшпе тумалли ĕçсем çинчен сÿтсе яврĕ.

Кăçал кружок членĕсем парти историне марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем тăрăх иккĕмĕш çул вĕренме пуçлаççĕ. Парторганизаци коммунистсене вĕренÿ планĕнче кăтартнă произведенисене тупма, вĕренÿре кирлĕ пособисем тупма пулăшать. П. Иванова, В. Романов, А. Виноградова, И. Федоров, А. Алексеев вĕренекенсем хăйсен килти библиотекисене В. И. Ленин тата И. В. Сталин çырнă кĕнекесемпе чылай пуянлатрĕç.

Парторганизаци çĕнĕ вĕренÿ çулĕ пуçланиччен тырпул пухса кĕртес ĕçе ăнăçлă вĕçлессишĕн социализмла ăмăртăва вăйлатма палăртрĕ. Кружокра вĕренекен коммунистсене тырпул пухса кĕртес ĕçĕн ответлă участокĕсене вырнаçтарчĕ, вĕсене политикăлла агитаци ĕçне анлăн хутшăнтарчĕ.

А. ГУРЬЕВ,
«Путь Ленина» колхозри пуçламăш парторганизаци çумĕнчи парти историне вĕренмелли кружок руководителĕ.

Красноармейски районĕ.

# Тĕнчери лару-тăру

## ПĔРЛЕХЛĔ ГЕРМАНИШĔН ТĂРАКАНСЕМ ТАТА ÇАВ ПĔРЛĔХЕН ТĂШМАНĔСЕМ

Кам Германие мирлĕ, демократиллĕ никĕс çинче пĕрлештерме тăрăшать тата кам çавăн пек пĕрлештерессине хирĕç тăрать,—çакна юлашки кунсенче пулса иртнĕ ĕçсем пĕтĕм етемлĕхе уççăнах кăтартса пачĕç.

Нимĕç халăхĕн наципе интересĕсене палăртса, Демократиллĕ Германи Республикин Министрĕсен Совечĕ июлĕн 15-мĕшĕнче çапла каларĕ: пĕтĕм çĕршывра ирĕклĕ суйлавсем ирттерсе Германие демократиллĕ никĕс çинче мирлĕн пĕрлештерме хатĕрленес тĕлĕшпе тата мирлĕ договор хăвăртрах тутарас ыйтупа Хĕвеланăç Германин полномочнăй представителĕсемпе пĕрле халех калаçусем ирттермелле. Çав шутпа Демократиллĕ Германи Республикин правительстви Хĕвелтухăç Германипе Хĕвеланăç Германи представителĕсен пĕтĕм Германири канашлăвне пухма кирлĕ, тесе шутлать.

Тĕнчери прогрессивлă общественность Демократиллĕ Германи Республикин правительстви пуçарăвне Германие пĕрлештерес тĕлĕшпе пысăк утăм туни пулать, тесе хак пачĕ. Демократиллĕ Германи Республики правительствин çĕнĕвне тÿрĕ кăмăллă мĕнпур нимĕçсем пĕтĕм чун-чĕререн ырларĕç. Пĕтĕм Германири канашлăва пухассишĕн пĕтĕм çĕршывра халăх юхăмĕ сарăлса пырать.

Демократиллĕ Германи Республики правительствин çĕнĕвне Хĕвеланăç Германири влаçра тăракан ушкăнсем урăхла кĕтсе илчĕç. Канцлер Аденауэр, унăн хыççăн пыракансем пурте çав çĕнĕве хирĕç хаяррăн кĕрешме тытăнчĕç. Рейтер агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Аденауэр правительстви «Хĕвелтухăç Германи представителĕсемпе канашлама» шутламасть. Çав вăхăтрах Бонри правительсем час-часах сăмах тухса калаççĕ, çав сăмахсенче хăйсене «Германи государствин пĕрлĕхĕшĕн» тăракан çынсем пек кăтартма хăтланаççĕ. Анчах çав сăмахсем мĕне тăнине Аденауэр правительствин ĕçĕсем кăтартса параççĕ.

Бонри шайкăн пуçлăхĕ Аденауэр «Германире милитаризма çĕнĕрен çĕклессишĕн питĕ хытă, ниме пăхмасăрах çине тăракан çын», тесе çырнă нумай пулмасть Хĕвеланăç Германире тухакан «Вестфелише рундшау» хаçат. Влаçа алла илнĕренпех Бонри правительство, Хĕвеланăç Германири тата ют çĕршывсенчи монополистсем хушнине пурнăçласа, вăрçа хатĕрлес ĕçе вăйлатма тытăннă. Вăл США хатĕрленĕ пур плансене те пурнăçлама хутшăннă, васкасах хĕçпăшал нумай хатĕрлеме тытăннă. Бонра тата Парижра тунă çар договорĕсене çирĕплетнĕ. Çав договорсене агрессилле тĕллевсене пурнăçлас шутпа тунине пурте пĕлеççĕ. Темиçе кун каялла Америкăн «Геральд трибюн» хаçачĕ çакăн çинчен пĕлтернĕ: Бонри правительствăн çар министрĕ Бланк тата унăн главнăй помощникĕ—гитлерла çарăн генерал-лейтенанчĕ Хойзингер США-ра пулнă. Вĕсем унта Америка укçипе нимĕçсен çур миллион çынлă çарне тумалли план хатĕрлени çинчен пĕтĕм халăха пĕлтернĕ. Çавăнпа пĕрлех Бланк Хĕвеланăç Германие «Европа çарне» хутшăнассинчен нихçан та пăрса яраймĕç», тенĕ.

Аденауэр шайки Демократиллĕ Германи Республикине хирĕç питех те усал тăшманла ĕçсем тăвать, Демократиллĕ Германи Республикипе экономикăлла çыхăнусем тытассине йĕркелеме килĕшмест, çапла майпа халăх интересĕсене сиенлет. Германин хĕвеланăç пайĕнче пурăнакан халăх мĕн чухлĕ сиен тÿснине Хĕвеланăç Германири экономика ыйтăвĕсем енĕпе ĕçлевен институт шутласа тухнинчен лайăх курăнать. Ку институт шутласа пĕлнĕ тăрăх, Германин хĕвеланăçĕнчи районĕсем хĕвелтухăçĕнчи районĕсемпе тата Хĕвелтухăç Европăри мĕнпур çĕршывсемпе суту-илÿ тунă пулсан, Хĕвеланăç Германири ĕççĕр тăрса юлнă çынсене, çур миллион çынна, ĕç тупса пама пулатчĕ.

Демократиллĕ Германи Республикин правительстви çĕнĕ мирлĕ ĕç пуçарсан, Бонра пĕтĕмпех антраса ÿкнĕ, хытă хăрама пуçланă. Ĕç çапла тăрать: сентябрь уйăхĕнче Хĕвеланăç Германи парламенчĕн суйлавĕ пулмалла. Суйлав умĕйки кĕрешÿре кашни парти ĕçне, çав парти Германие пĕрлештерес ыйту çине мĕнле пăхнă тăрăх хаклама пултарассĕ. Буржуалла хаçатсенчен чылайăшĕ çырнă тăрăх, «нимĕçсен наци тĕллешĕнчен пĕрлешме шутлани суйлав итогĕсем мĕнле пулас ĕçре пысăк вырăн йышăнса тăрать». Урăх çĕршывсенчи хаçатсем «Аденауэра суйлав вăхăтĕнче хăйне сирпĕнтерсе антарас хăрушлăх хăратать», тесе шутлаççĕ.

Çав хăрушлăха сирсе яма тăрăшса, Аденауэр тĕрлĕ маневрсем тăвать. Çавăн пек маневрсенчен пĕри вăл—Германи ыйтăвĕпе тăватă держава канашлăвне пухас идея тĕлĕшпе Бонри канцлер ултавлă ĕçсем туса хăтланни. Çавăн пек ултавлă ĕçсене тума ăна США-ри влаçра тăракан ушкăнсем нумай пулăшаççĕ. Франци журналисчĕ Фурье çакăн çинчен каласа панă: нумай пулмасть Вашингтонра США, Англи тата Франци ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвĕ пулнă. Ку канашлу Германи ыйтăвне сÿтсе явма СССР, США, Англи тата Франци ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвне пухмалла тесе йышăннă пулсан, çакна вара вĕсен «хăйсен юратнă канцлерне суйлав вăхăтĕнче кăларса сирпĕтесрен çăлса хăварас» шутпа çеç тунă.

Анчах вĕсем çавна тума пултарĕç-ши? Малашнехи вăхăт мĕн пулса тухнине кăтартĕ. Халĕ вара рядовой нимĕçсем хăйсен çĕршывне пĕрлештерме шутлаççĕ, çак шухăш кунтан-кун вăйланса пырать. Аденауэрсем тем пек чăрмантарсан та, рядовой нимĕçсем çĕршыва пĕрлештермелли çула тупĕç.

Хĕвеланăç Германире тухакан «Ди Тат» хаçат Бонри канцлер ĕçĕсен итогне çапла хак панă: «Аденауэр хăйĕн политикине пула... хăйне яланлăхах пĕр пĕччене тăратса хăварчĕ». Германие мирлĕн пĕрлештерес ĕçе хирĕç пыракан пур çынсем пирки те ĕнтĕ «приговор йышăннă. Çав приговора ĕçе кĕртесси кăна юлать».

### ЭКОНОМИКĂЛЛА ЙЫВĂРЛĂХСЕМ ÜССЕ ПЫРАÇÇĔ

Васкасах хĕçпăшал нумай хатĕрлени, Корейăра вăрçма укçа питĕ нумай пани, таварсен хакĕсем ÿсни тата ĕççыннисене пысăк налогсем хурса çаратнă пирки халăх таварсем питех те сахал туянни, демократиллĕ лагерьти çĕршывсемпе çыхăнса суту-илÿ тăвассине пĕтĕмпех чарса лартни—çаксем пурте США экономикине начарлатнă, экономикăра пысăк йывăрлăхсем пулса тăнă.

Çав йывăрлăхсем пысăк пулни çинчен США-ри пуян хуçасем нумай калаççĕ, буржуалла хаçатсем те çыраççĕ. Вĕсем малашлăх пирки питех те шикленеççĕ, малашлăх лайăх пулассине ĕненмеççĕ.

Нумай пулмасть банкирсен съезчĕ пулнă. Унта пуян финансист Таунсенд: США-н «сывăхри ултă уйăх хушшинче экономикăлла малашлăхĕсем лайăх пулас пирки иккĕленме тивет, çитес çул çав малашлăхсем лайăх пулассипачах курăнмасть», тенĕ. «Экономик Ноутс» бюллетеньре çырнă тăрăх, «США-ра пĕтĕм экономика начарланма пуçланă ĕнтĕ».

Пысăк услам илме хапсăнакансем калани тĕрĕс пулнине официальнăй статистика çирĕплетет. Федерациле резервсен системи промышленность продукци сахалтарах туса кăларма пуçлани (производство индексĕ чакни) çинчен пĕлтерет. Март уйăхĕпе май уйăхĕ хушшинче промышленность производствин индексĕ икĕ пункт чухлĕ чакнă.

Америкăри хаçатсем çак сведенисене чылай тĕслĕхсемпе çирĕплетеççĕ. «Юнайтед стейтс ньюс энд Уорлд рипорт» журнал: «США-ра пурăнмалли çуртсем лартас ĕçри хăвăртлăхсем чакма пуçларĕç, ку ĕç татах та начарланассине кĕтеççĕ», тесе çырать. Пуян хуçасен «Уолл-стрит джорнэл» хаçачĕ юлашки вăхăтра Америкăри автомобиль промышленноçĕнче пысăк йывăрлăхсем тухса тăни çинчен пĕлтерет. Автомобиль тăвакан хăшпĕр компанисем хăйсен производствине халех 10 процентран пуçласа 50 процент таран чакарнă.

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, ялхуçалăхĕ те йывăрлăха кĕрсе ÿкнĕ, çакă вара хăй черечĕпе ялхуçалăх машинисем тăвакан производство шайне чакарнă.

Çак пур фактсем те США экономики, çар заказĕсене пула пĕр енлĕн аталаннă экономика «чечекленсе пыни» çинчен калакан халапа пĕтĕмпех тĕрĕ шыв çине кăларчĕç. Çар заказĕсем валли каякан расходсене ĕççынни массисен тÿлеме тивет.

США президенчĕ Эйзенхауэр хушнипе правительство организацийĕсенчен пĕри хальхи вăхăтра «депрессие хирĕç кĕрешме» майсем шыраса тупас тĕлĕшпе ĕçлет. Çавна май Америка монополийĕсем тата вĕсем майлă тăракан ертсе пыракан ушкăнсем экономикăлла йывăрлăхсене çĕнтерме мĕнле меслетсемпе усă курма ĕмĕтленнине палăртса хăварас пулать. Вĕсем, хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, малашне те васкаса хĕçпăшалланмалли çулпа, халăха тата хытăрах эксплуатацилемелли, США влиянине кĕрсе ÿкнĕ çĕршывсене тата ытларах пусмăрламалли çулпа кайнă.

Ку тĕлĕшпе Рейтер агентстви пĕлтерни уйрăмах палăрса тăрать. Вăл Америка правительстви çĕнĕ программа туни çинчен, унăн тĕллевĕ «вăрçă валли кирлĕ çар производствине чи пысăк шая çитерме» никĕс хатĕрлесси пулни çинчен пĕлтернĕ.

Экономика тĕлĕшпе халĕ пулса тăнă йывăрлăхсем Америкăри ĕççыннисен пурнăçне мĕнле йывăрлатнине США-ри ялхуçалăх машиностроени рабочийĕсен пĕрлешÿллĕ профсоюзĕн нумай пулмасть пулса иртнĕ конференцийĕ йышăннă решенирен лайăх курма пулать.

«Рабочисене ĕçрен кăларса ярасси тата ялхуçалăх машиностроени предприятийĕсене хупасси малалла вăйланса пырать... Шултра монополисем тата та пысăкрах услам илмелле пултăр тесе, рабочисен юлашки юнне ĕмсе илесшĕн... Рабочисем чирленин, ĕç укçи чакса пынин тата заводсенчи никам та пÿлмен террор вăйланнин сăлтавĕ çакăнта ĕнтĕ. Çар экономики пирĕн промышленноçа чечекленесси патне илсе çитереймерĕ».

Бунтăн та уçăмлăрах калаймăн ĕнтĕ!

### МАЛАН КИЛĔШМЕННИ МĔНЕ ПĔЛТЕРЕТ

Ют çĕршывсенчи хаçатсем Рейтер агентствин пĕчĕк, анчах нумай пĕлтерĕшлĕ телеграммине пичетлесе кăларчĕç. Унта çапла пĕлтернĕ: Кăнтăр Африка Союзĕн премьер-министрĕ Малан Пĕрлешнĕ нацисен организацийĕн комиссине çĕршывĕри расăлла дискриминаци çинчен доклад тăратма килĕшмен, тенĕ. ООН комиссине иртнĕ çулхи декабрь уйăхĕнче, Европăри колонизаторсем нумай миллионлă негрсемпе индиецсем пирки тăракан тискер ĕçсене пăхса тухма тунă пулнă.

Кăнтăр Африка Союзĕн влаçĕсем, ООН комиссине хирĕç пулса, çав ĕçсене пăхса тухма мĕншĕн хăраса тăраççĕ-ха?

Пăхăнса тăракан мĕнпур çĕршывсенче, çав шутра Африкăра та, наци ирĕке кăларассишĕн юхăм пĕрмаях анлăланса пырать. Кăнтăр Африкăри колонизаторсен тискер ĕçĕсем çинчен пĕлтерни пусмăрта пурăнакан халăхсен ăнланулăхне ÿстерме май панă пулĕччĕ. Çав колонизаторсем, çĕршывра пурăнакан халăхран сахалтарах пулин те, негрсене тата индиецсене тискеррĕн эксплуатацилесе, питĕ нумай мул пухаççĕ.

Франс Пресс агентстви пĕлтернĕ тăрăх, иртнĕ çулхине кăна Кăнтăр Африка Союзĕн влаçĕсем 7.544 çынна суд тунă, вĕсене расăсем валли туса хунă йĕркесем çинчен тата паспорт режимĕ çинчен калакан закона пăснă тесе айăпланă. Çĕршывăн чăн-чăн хуçисене пушхире кусараççĕ, вĕсене полици хĕсĕрлет тата выçлăхпа чир-чĕрсем асаплантараççĕ.

Кăнтăр Африка Союзĕнчи негрсемпе индиецсен политикăлла нимĕнле право та çук. Парламентра вĕсемшĕн европеецсем депутатсем пулса лараççĕ.

Малан правительстви, пусмăрти халăх правасăр пулнине тата ытларах çирĕплетсе хăварас тесе, çĕнĕ мерăсем йышăннă. «Хура ÿтлисем Кăнтăр Африка Союзне ан чăрмантарччăр» тесе,—кун пек Малан хăй калать ĕнтĕ,—парламент суйлавĕнче Европăран килнĕ çынсене тата вырăнти халăха уйрăмшарăн сасăлаттармалла тăвасшăн.

Негрсемпе индиецсен çав тери хытă асапланма тивет. Çакна хирĕç тăрса, пусмăрти халăхсем наци ирĕке кăларассишĕн пыракан юхăма вăйлатаççĕ, колонири йĕркесене тата вĕсене хавхалантаракансене хирĕç кĕрешĕве çĕклеççĕ.

А. АЛЕКСАНДРОВ.

## Польшăри хуласен сăн-сăпачĕ улшăнать

ВАРШАВА, июлĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Польша Халăх Республикинчи хуласен сăн-сăпачĕ çултан-çул палламалла мар улшăнать, рабочисен, ĕç интеллигенцийĕн пурнăçпа культура условийĕсем тăтăшах лайăхланса пыраççĕ.

Сталиногруд воеводствинче пĕлтĕр лартнă çĕнĕ çуртсенчи 18 пин пÿлĕме çынсем пурăнма кусnă. Кăçал лартнă çĕнĕ çуртсенче пурăнмалли 22 пин пÿлĕм пулать. Çав воеводствăри пилĕк хулара вăрçă хыççăнхи çулсенче водопроводсем тунă. Ĕççыннисен сывлăхне сыхласси тăтăшах лайăхланса пырать. 67 шахта çумĕнче халĕ амбулаторисем пур. Хальхи вăхăтра воеводствăра 82 больница, 1945 çулта унта пĕтĕмпе те 32 больница кăна пулнă.

Культура строительстви енĕпе те пысăк ĕçсем туса ирттернĕ. Халĕ воеводствăра темиçе драма театрĕ, опера театрĕ, оперетта театрĕ, 10 культура çурчĕ тата 500 яхăн хĕрлĕ кĕтес пур.

Воеводствăри 1.125 библиотекăра политикăлла тата илемлĕ литературăра кĕнекисен 1.500 пин ытла. Горниксемпе металлургсен культура паркне тăваççĕ. Çав паркăн пĕр пайне ĕçе яна та ĕнтĕ.

Лодзь хулинче пурăнмалли çурт-йĕрсем тăвас ĕçпе культура строительстви анлă сарăлнă. Халăх влаçĕ пулнăранпа Лодзьри рабочисем валли Балута, Кивĕ хула тата Стока районĕсенче пурăнмалли çуртсем нумай лартнă, çав çуртсенче 8.500 пÿлĕме яхăн. Кунсăр пуçне Лодзьре пурăнмалли 2.200 çурта тĕпрен юсанă. Рабочисен ачисем валли хулара 39 ясли тата 109 ача сачĕ уçнă, вĕсене лайăх йĕркеленĕ. Хулара Культура çурчĕсемпе хĕрлĕ кĕтессем нумай тунă, çĕнĕ библиотекăсем уçнă.

## Китайри ĕççыннисем марксизм-ленинизма вĕренеççĕ

ШАНХАЙ, июлĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикинче марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсене вĕренекен ĕççыннисен хисепĕ çултан-çул ÿсет.

Июлĕн 20-мĕшĕнче «Наньфанжибао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Кантонри кĕнеке магазинĕсем 15 кун хушшинче И. В. Сталин Сочиненийĕсен пĕррмĕш томне 23 пин экземпляр ытла илсе килме заказ йышăннă. Çак кĕнекене илме çырăнакансем хушшинче—государство учрежденийĕсенчи работниксем, çар служащийĕсем, учительсем, обществăлла организацисен руководителĕсем.

Июлĕн 22-мĕшĕнче «Синьминьбао» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Шанхайра И. В. Сталин Сочиненийĕсен пĕррмĕш томне илме июлĕн 19-мĕшĕччен 57 пин çын ытла çырăннă.

## ФРАНЦИРИ КОММУНИСТСЕН ПАРТИЙĔН ПОЛИТБЮРОВĔ ЙЫШĂННĂ РЕШЕНИ

ПАРИЖ, июлĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). «Юманите» хаçатра Франциpи Коммунистсен партийĕн политбюровĕ йышăннă резолюци пичетленсе тухнă. Резолюцире мир, демократи тата социализм лагерĕ тунă çитĕнÿсене палăртнă, капитализмăн пĕтĕмĕшле кризисĕ вăйланни тата империализмла лагерьти çĕршывсем хушшинче хирĕçÿсем çивĕчленни çинчен каланă.

Резолюцире çапла каланă:

«Франциpи Коммунистсен партийĕн Политбюровĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе пĕтĕмпех пĕр шухăшлă. КПСС Центральнăй Комитечĕ, тĕнчери империализм агентне Берияна тĕрĕ шыв çине кăларса тата ăна преступниклă ĕçсене малалла туса пыма чарса, пĕтĕм тĕнчери рабочисен юхăмне çĕнĕ тата пысăк пулăшу пачĕ».

Совет Союзĕнчи Коммунистсен аслă партийĕнчен пример илсе, Франциpи коммунистсем тата тачăрах пĕтĕçĕç, массăсене ертсе пырас ĕçре идеологилле пĕрлĕхе тата политикăлла кĕрешÿри пултаруллăха тата ытларах вăйлатса пырĕç, тенĕ малалла резолюцире.

## Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июлĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ июлĕн 24-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем тăшмана хирĕç Суденли ялĕ патĕнче вăйлă çапăçнă. Тăшман пĕр полк чухлĕ вăйсемпе 17 хутчен атакăланă. Тăшман атакисене пурне те сирсе янă.

## Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Геройĕсем

ПХЕНЬЯН, июлĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Аслă Халăх Пухăвĕн Президиумĕн Указĕ пичетленсе тухнă. Унта Корея Халăх çарĕн офицерĕсен, сержанчĕсен тата салтакĕсен ушкăнне Америка агрессорĕсемпе вĕсен агенчĕсене хирĕç çапăçнă çĕрте Тăван çĕршыва юратнине палăртнăшăн, хăйсене хĕрхенмесĕр, хастарлă тата паттăр çапăçнăшăн Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Геройĕ ятне памалла тата орденсемпе наградăламалла туни çинчен каланă.

Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Геройĕ ятне Ким Чин Ин офицера, Пэк Кын Ук, Чжо Су Хван, Чон Син Хин сержантсене, Пак Хен Чжон тата Чжен Тхэ Хун салтаксене памалла тунă. Вĕсене Государство ялавĕн 1-мĕш степень орденĕпе «Ылтăн Çăлтăр» медалĕ параççĕ.

Корея Халăх çарĕн тепĕр 39 воинне Государство ялавĕн I-мĕш степень орденĕпе наградăламалла туни çинчен уйрăм Указ пичетленсе тухнă.

## Перемири пирки Паньмыньчжоньре пыракан калаçусем

ПЕКИН, июлĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтернĕ тăрăх, Корейăпа Китай делегацийĕ паян çакăн пек пĕлтерÿ пичетлесе кăларнă:

Июлĕн 24-мĕшĕнче икĕ енĕн штаб офицерĕсемпе сыхăну офицерĕсен хупă ларăвĕ пулнă.

ПЕКИН, июлĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран июлĕн 23-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Паян Паньмыньчжоньре перемири тăвасси çинчен çырнă килĕшÿ çине алă пусма хатĕрленес ĕç вĕçленсе пырать пулас. Çав вăхăтрах Ли Сын Ман правительстви перемири тума чăрмантарас шутпа час-часах официальнăй протестсем пама пуçланă.

Штабсен офицерĕсем июлĕн 20-мĕшĕнчен пуçласа карттăсемпе ĕçлеççĕ. Вĕсен ларăвĕ нумай вăхăта пынă, çак лару ĕнер ирхине 10 сехетре пуçланнă та паян ирхине 0 сехет те 45 минутра хупăннă.

Штабсен офицерĕсен ятарласа тунă ушкăнĕн ларăвĕ 2 сехет те 30 минут пынă, кăнтăрла, 3 сехетре, сыхăну офицерĕсем администрацилле ĕçсем енĕпе татса паман хăшпĕр ыйтусем тăрăх калаçса татăлма тĕл пулнă.

Халĕ перемири тăвасси çинчен тунă килĕшÿ çине алă пусасси тата çав килĕшĕве пурнăçласси нихçанхинчен ытларах американецсем нумай пулмасть хăйсем шантарса калănине пурнăçласа пынинчен килет. Ли Сын Ман тата ун хыççăн пыракансем перемири тăвассине хирĕç тăрсан, американецсем калаçусем вăхăтĕнче перемири тăвасси çинчен шантарса каланăччĕ. Перемири пирки килĕшÿ туса алă пуснă май сыхăлăха тата ытларах ÿстерес пулать.



УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: ШУПАШКАРТИ ШЫВ СТАНЦИНЧЕ. ДОСААФ членĕсем тинĕсре çÿрекен шлюпкăсемпе ишме вĕренеççĕ. Малти—С. А. Зиновьев инструктор вĕрентекен шлюпка команди.

С. ВИКТОРИНОВ фотоÿкерчĕкĕ.

## Паян республикăри хуласемпе районсенче

Паян — июлĕн 26-мĕшĕнче республикăри хуласемпе ялсенче ССР Союзĕн Тинĕс-Çар Флочĕн Кунне паллă тăваççĕ. Çакна май фабрикăсемпе заводсенче, колхозсемпе МТС-сенче çĕршер агитатор Тинĕс-Çар Флочĕ çинчен калаçусем ирттереççĕ. Клубсемпе хĕрлĕ кĕтессенче совет морякĕсем Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче тунă паттăр ĕçĕсене кăтартакан витринăсем хатĕрленĕ.

Ĕнер Шупашкарти Крупская ячĕпе тăракан паркра хулари ĕççыннисемпе ДОСААФ членĕсен пухăвĕ пулса иртрĕ. Унта ССР Союзĕн Тинĕс-Çар Флочĕн Кунĕ çинчен республикăри ДОСААФ оргкомитечĕн председателĕ П. Трофимов юлташ доклад туса пачĕ. Доклад хыççăн Сĕнтĕрвăрри районĕнчи «Коммунизм» колхозри ДОСААФ организацийĕн ĕçне кăтартакан кино-журнал пулчĕ.

Улатăр хулинче Тинĕс-Çар Флочĕн Кунĕ умĕн шыв станцийĕ уçнă. Паян унта хулари ĕççыннисем хăйсен канăвне ирттереççĕ, тĕрлĕ ăмăртусем пулаççĕ. Сĕнтĕрвăрри, Етĕрне тата ытти хуласемпе район центрĕсенче спорт вăййисем ирттереççĕ. ДОСААФ членĕсем хăйсен пултарулăхне тата çитĕнĕвĕсене кăтартаççĕ.

Шупашкар хулинчи парксемпе стадионсенче, Атăл хĕрринчи шыв станцийĕнче ĕççыннисем йышлăн пулаççĕ. Ирхине 11 сехетре шыв станцийĕнче спорт ăмăртăвĕсем пуçланаççĕ. Çак ăмăртусене хулари паллă спортсменсем хутшăнаççĕ. Çыран хĕрринче предприятисемпе учрежденисенчи спортсменсен командисем канат туртас тĕлĕшпе ăмăртаççĕ. Кунсăр пуçне хулари командăсем шлюпкăпа шывра ишес енĕпе ăмăртăва хутшăнаççĕ. Парашютистсем самолет çинчен Атăл çине массăллăн сикеççĕ. Шыв станцине тĕрлĕ ялавсемпе илемлетнĕ.

Ĕнер Крупская ячĕпе тăракан паркра Хусан тата Шупашкар хулисенчи шахматистсем хушшинче çулсеренех ирттерекен ăмăрту пуçланчĕ. Паян çак ăмăрту малалла пырать. Паркра çавăн пекех ĕççыннисем валли лекци пулать.

* * *

Шупашкарти «Энергия» спорт обществин стадионĕнче ирхине 10 сехетре чушка вăййи енĕпе республикăра мала тухассишĕн пыракан ăмăрту пуçланать.

Ирттен пуçласа каçченех республикăри «Спартак» спорт обществин членĕсем çăмăл атлетика, велосипед тата шывра ишес енĕпе ирттерекен ăмăртусене хутшăнаççĕ.

16 сехетре футбол вăййипе хулара мала тухассишĕн пыракан черетлĕ ăмăртусем пуçланаççĕ. Пир-авăр комбинатĕнчи футбол команди «Красная звезда» спорт обществин командипе тĕл пулса вылять.

19 сехетре «Энергия» спорт обществин иккĕмĕш команди Чапаевски поселокри иккĕмĕш командăпа тĕл пулса вылять.

Улатăрта, Çĕмĕрлере тата Çĕрпÿре футбол вăййипе республикăра мала тухассишĕн пыракан ăмăртăвăн черетлĕ вăййисем пулса иртеççĕ. Шупашкарти «Спартак» спорт обществин футболисчĕсем Çĕрпÿре, «Динамо» спорт обществин футболисчĕсем—Улатăрта тата Чапаевски поселок спортсменĕсем Çĕмĕрлере пулса, унти футбол командисемпе тĕл пулса выляççĕ.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАÇАТРА

Умстатья — СССР Тинĕс-Çар Флочĕн Кунĕ.

Тăван çĕршывра.

А. Казаков. Комбайнсене тухăçлăн ĕçлеттермелле.

И. Зубенко. Совет Союзĕн тинĕс чиккисене сыхлакан пысăк вăй.

П. Качалин. Аслă шыв çулĕ (Атăлпа Дон хушшинчи пăрахутсем çÿремелли В. И. Ленин ячĕпе тăракан канала уçнăранпа пĕр çулталăк тултарнă тĕле).

Совет Çарĕнчи земляксем янă çырусем.

Мари АССР-ĕнчи ялхуçалăхĕнче малта пыракансем хăйсен ĕç опычĕпе паллаштараççĕ.

А. Александров. Тĕнчери лару-тăру.

Ют çĕршывсенчен килнĕ хыпарсем.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — Мари АССР-ĕнчи Шкетан ячĕпе тăракан вырăсла драма театрĕн гастролĕсем. Июлĕн 26-мĕшĕнче кăнтăрла тата каçхине «Грушенька».

Июлĕн 27-мĕшĕнче каçхине — «Девицы-красавицы».

Кăнтăрлахи спектакль 12 сехетре, каçхине 20 сехет те 30 минутра пуçланать.

«ЭЛЕКТРИК» КЛУБРА — июлĕн 27-мĕшĕнче Мари АССР-ĕнчи Шкетан ячĕпе тăракан драма театрĕн спектаклĕ «В тихом омуте черти водятся».

Спектакль 21 сехетре пуçланать.

### КИНО

«РОДИНА» — июлĕн 26-мĕшĕнче 10, 12 тата 14 сехетре пуçлакан сеанссенче «Человек с ружьем», ытти сеанссенче — «Праздник св. Иоргена». Сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуçланаççĕ.

Июлĕн 27-мĕшĕнче 12 тата 14 сехетре пуçланакан сеанссенче «Юные партизаны», ытти сеанссенче—«Праздник св. Иоргена».

«УДАРНИК» — июлĕн 26-мĕшĕнче «Мы из Кронштадта» (çĕнĕ копи).





РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-04, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00453

Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР.

Тираж 20.000 экз.